

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 11 (20144) • Шăматкун, 1990 çулхи январĕн 13-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус


# РЕСПУБЛИКА ĔÇ-ХĔЛĔ— ÇĔРШЫВ ĔÇ-ХĔЛĔ

## М. С. ГОРБАЧЕВ Литва ССРĕнче пулни

**ВИЛЬНЮС, январĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС).** Паян кунта КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. С. Горбачев килсе çитнĕ. Вильнюсри аэропортра ăна КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕ В. А. Медведев, КПСС Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членĕ, СССР Министрсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ, СССР Госпланĕн председателĕ Ю. Д. Маслюков, КПЛ Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Бразаускас, КПЛ Центральнăй Комитечĕн секретарĕ (КПСС платформипе килĕшÿллĕн) М. Бурокявичюс, республика Верховнăй Совечĕн Президиумĕн Председателĕ В. Астраускас, Литва ССР Министрсен Совечĕн Председателĕ В. Сакалаускас кĕтсе илнĕ.

М. С. Горбачевпа пĕрле КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕ, «Правда» хаçатăн тĕп редакторĕ И. Т. Фролов килсе çитнĕ.

• • •

Советлă Литвари ĕçсыннисем М. С. Горбачев килессе кĕтнĕ. Çакăн умĕн январьти темиçе кун хушшинче рабочисемпе ял ĕçченĕсем, студентсемпе творчество интеллигенцийĕн представителĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн декабрьте пулса иртнĕ Пленумне хутшăннă çынсемпе тĕл пулнă. КПСС Центральнăй Комитечĕн çак пленумĕ Литва Компартийĕн XX съезчĕ хыççăн Литва Компартийĕнче пулса тăнă лару-тăрăва тата республикări пĕтĕмĕшле лару-тăрăва сÿтсе явнă. Вильнюсра, Литван тĕрлĕ районĕсенче пĕр-пĕринчен инçен пытармасăр калаçнă, çак калаçусен тĕллевĕ — коммунистсен вăйĕсене пĕрлештересси, обществăри тĕрлĕ юхăмсен позицийĕсене тимлĕрех тишкересси. Республикăра нумайăшĕ çапла шутлать: вĕсене паян хĕрÿллĕнех кайни тата пĕр-пĕрне ÿпкелеме тăрăшни кирлĕ мар, вĕсен. валюхи чăн-лăхĕсене пур енлĕн вирсе хан-

рĕнпе тĕл пуласса кĕтрĕм. Эпир пĕрле пуçанна хамăрăн пĕрлехи ĕçе, пĕтĕм тĕнчене вырăнтан хускатнă ĕçе малалла мĕнлерех тăвасси пирки пĕрле шухăшлăпăр. Эпир халĕ хамăрăн пĕтĕм пурнăçа çĕнетсе лайăхлатма пуçланă ĕнтĕ, çавăнпа хамăрăн тĕллевсене тата уçăмлăрах палăртас пулать пирĕн.

**Виргиниус Зигмантовичюс,** ялти Культура çурчĕн директорĕ: Михаил Сергеевич, эпир пурте çĕнĕ шухăшлав çиччен калаçатпăр-калаçатпăр, çапăх та мĕн-ха вăл? Çак сăмахсене чăнлăхпа çыхантармалла вĕт-ха.

**М. С. Горбачев:** Эсир, çамрăк çын, ку ыйтупа интересленнине ырлатăп эпĕ. Мĕншĕн тесен, тĕрĕссипе, çакă совет халăхĕн, çĕршыври мĕнпур халăхсен шăпине пырса тивет. Енчен те сирĕн çав ыйтусем çине тĕрĕс ответсем тупас килет пулсан, çакна эпĕ тата ытларах ырлатăп. Атьăр-ха, ответсене пĕрле шырар тата пулса тăнă лару-тăрăва тĕрĕс хаклар. Çакă вăл пирĕн пĕрлехи киле панă ĕç те пулса тăрать тесе шутлăпăр, мĕншĕн тесен площадьре эпир мĕнпур ыйтусем çине тÿрех ответлеймĕпер.

Çапла вара, пĕрремĕшĕ. Камсем-ха эпир? Кирек-хăш республикăра та, кирек-хăш поселокра та мĕнпур нацинальноçсен представителĕсем пурăнаççĕ. Çитменнине тата Литвара, литовецсен йышĕ пуринчен те пысăкрах республикăра, 20 процентчĕ — [illegible] çакан [illegible] усă куракан çынсем. Пирĕн çĕршывра вара халĕ 60 миллион ытла çын хăйсен наци территорийĕсен тулашĕнче пурăнать. Халĕ вăл сирĕн ыйтăвăра тепĕр хут лартăр: эпир пĕр-пĕринчен уйрăлăпăр, пĕчченшерĕн пурăнма тытăнăпăр, çав çынсем вара мĕнлерех пурăнма тивĕçлĕ, шăписем мĕнлерех пулĕç вĕсен? Польшăра та çак ыйтăвах пăраççĕ, ФРГра та Атăл тăрăхĕнчи нимĕçсен шăпи çиччен ыйтаççĕ. Эпир пурте, пирĕн çапла тăвас килет-и, çук-и, пĕр-пĕринпе çыхăнна. Çитменнине тата эпир

тухрăмăр. Ĕçе эпир çавăн пек пайларăмăр: сăмахран, Узбекистан хăйĕн пĕтĕм çĕрĕпе пире пурне те çĕрмамăк парса тăрас тĕллевпе усă курать, çав вăхăтрах вăл шăварса тăракан çĕрсем çинче сĕт те, ытти ялхуçалăх продукцийĕ те туса илме пултарнă пулĕччĕ. Акă вăл, специализаци. Халĕ вара сирĕн «Сигмăна» илер. Пирĕн сирĕнпе, юлташсем, Литвара çĕршывăн хăйне евĕрлĕ темиçе завод пур. Ку вăл лайăх е начар, халĕ калаçар мар. Енчен те пăти вĕсенчен пĕри чарăнас пулсан — пĕтĕм çĕршыв йывăрлăха кĕрсе ÿкет.

— Манăн сире пурне те çапла шантарса калас килет,— тенĕ малалла М. С. Горбачев, — эпир тытнă çул-йĕр пумай ыйтăва — социализм шăпине, пĕтĕм общество тата, паллах, федераци шăпине, урăхла каласан, Союзра пурăнакан мĕнпур халăхсен пуласлăхне татса пама пулăшать. Эпир шутланă тăрăх, шăпах çĕнетÿ çакăн пек лару-тăру туса хучĕ, çавна май çак мĕнпур ыйтусене лăпкăн сÿтсе явма пулать тата сан сурăм хыççĕнче такам тăманнине тата сана айăпласа тăварма хатĕр пулманнине сирĕп шанса тăма пулать. Çакă вăл çĕнетĕвĕн чи пирвайхи тата чи кирлĕ çĕнтерĕвĕ: пăти эпир мĕнпур ыйтусене лăпкăн, ответлăха туйса, пур енлĕн сÿтсе явма пултаратпăр. Чăнах та, демагогсемпе хĕтĕртекенсемсĕр те пулмасть. Анчах, ман шутпа, чи кирли çĕнтерĕвех хамăр пурнăçăн мĕнпур енĕсене эпир уççăн сÿтсе явма пултаратпăр.

Тепĕр енчен, федераци хăй улшăнсан, çынсем хăйсене лайăхрах туйма пуçласан çеç пурăнма пултарать çĕнетÿ. Эсир астăватăр-и, эпир социаллă пурнăçпа экономикăна хăвăртрах аталантарассинчен пуçларăмăр тата вăл пурнăçа кĕме пултарайманнине куртăмăр. Чи малтанах, политика системин ыйтăвĕсене татса пама кирли палăрчĕ. Çавăнпа та эпир пĕсем çине нуçрăмăр. Тата çакă пит пысăк пĕлтерĕшлĕ:

тивĕçлĕ те. Кунта политикăри анла хайтелленлĕх çине, халиччен пулман хайтелленлĕх — политикăри тата экономикăри хайтелленлĕх çине куçмалла. Унăн чикки пĕр япала çеç пулма пултарать; вăл йĕркесĕрлĕхе ан куçтăр, патрашу ан хускаттăр, пĕр-пĕринчен уйăрса ан ятăр, мĕншĕн тесен çакă мĕнпур чĕрĕ çыхăнăва — çынсем хушшинчи, экономикăри, социаллă пурнăçри, наукăри çыхăнусене пĕтерсе хурать. Литва мĕнлерех пулнине хăшпĕрисем маннă. Аса илтерме хаюлăх çитеретĕп эпĕ. Хуттăр çынписем, ан кÿренĕр. Ку вăл сирĕн халăх ятне ямасть, пĕтĕм çĕршыв ун чухне хресченсенчен тăнă. Халĕ, акă, ку чухнехи Литва çине пăхăр-ха. Вăл тĕпрен улшăнчĕ. Анчах та çакă паллă: республикăна çĕнĕлле аталантарма вăхăт çитрĕ, çавăн пекех ытти кирек хăш халăха та, пĕтĕм çĕршыва çĕнĕлле аталантармалла. Çак тĕллевпе ĕçлер те малашне.

Тата тепĕр факт аса илтеретĕп: революцичченхи Литвара 57 процентчĕ ют çĕршывсен капиталĕ пулнă. Пире вара: хăйтелленлĕх, хăйтелленлĕх, теççĕ. Пĕлетĕр-и, ку вăл демагоги евĕрлĕрех пулса тухать. Кÿреимелле ан пултăр — каллех фактсене аса илетĕп. Колониализм системине çапса аркатнăранпа, нумай государство политика тĕлĕшĕнчен хăй тĕллĕн аталанма пуçланăранпа, 40 çул иртрĕ. Анчах тĕрĕссипе вĕсем хăйсем тĕллĕн аталанман тата аталанма та пултараймаççĕ. Вĕсем чĕртавар парса тăракан çĕршывсем пулнă, халĕ те çапла. Ресурссене йÿнĕпе туяççĕ тата ĕç вăйĕпе те йÿнĕллех усă кураççĕ. Метрополисенче вара пурнăç шайĕ ÿснĕçемĕн ÿсет. Çапла вара, енчен те хăшĕ те пулин шаи пирĕн çĕршыври çыхăнусене татас, пĕр-пĕр республикăна, пĕчĕк халăха айккине парса хăварас тет пулсан — эпĕ, юлташсем, çак политикăна хутшăнмастăп. Эпĕ хам мĕненнине тÿрре каларма тă-

кайнă. Ку предприяти продукцине çĕршыври трактор тăвакан тата пухакан нумай конвейерсем çинче пĕлеççĕ тата кĕтеççĕ. Нумай нацилле коллектив вăй хурать кунта: 30 процентчĕ — поляксем, 29-шĕ — литовецсем, 20-шĕ — вырăссем. Белоруссем тата ытти национальноçсен представителĕсем нумай. Вĕсене пурне те хăйсен предприятийĕн ĕçĕсем, Литвара пулса тăнă çамал мар лару-тăру пăшăрхантарать.

Çак предприятире пулса курни Генеральнăй секретарь çулçÿревĕнче кирек хăçан та çынсемпе иртгеренси тĕлпулусем тата калаçусем тĕп вырăнта пулнине тепĕр хут çирĕплетсе парать. Рабочисемпе, инженерсемпе вăл пĕтĕм чун-чĕререн, пур енлĕн интересленсе калаçнă, вĕсен шухăшне, ыйтăвĕсене тимлĕ итленĕ, хăйĕн позицине ăнлантарса панă, ĕнентерме тăрăшнă, вĕсемпе килĕшмен, тавлашнă, ăнлантарнă. Çавăнпа та çынсемпе хутшăнна май вăхăт çиччен те манса кайнă. Çулçÿревĕн программи те улшăннă. Анчах çакă вăл икĕ енĕшĕн те усăллă çеç пулнă.

Завод проходнойĕнчен иртсенех Михаил Сергеевича пухăннисем тăвăллăн алă çупса кĕтсе илнĕ, саламланă, хăйсем патне килнĕшĕн тав тунă. М. С. Горбачев топликра насусĕсем пухакан цехсем тăрăх тата механика цехĕ тăрăх иртнĕ. Ĕç, йăла условийĕсем, професси тĕлĕшĕнчен ÿсмелли майсем, [illegible] хушшинчи хутшăнусем, нацисем хушшинчи хутшăнусем — çакăн çинчен калаçнă вăл Т. Тумас, Л. Адамович, И. Миллем, С. Смола, В. Гражданов рабочисемпе тата ыттисемпе те. Унпа калаçакансем хушшинче литва, поляк, белорус, вырăс наци представителĕсем пулнă. Çак коллективра çеç мар вăй хураççĕ вĕсем. Литва — нумай нацилле республика. Нацисем хушшинче хирĕçÿ калаарма, шовинистла камăл-туйăм çуратма юраманни çинчен каланă. Литвана çĕнетÿ çулĕпе малалла



Илья Ильин механизатор вăтăр çула яхăн Вăрмар районĕнчи «Мусирминский» совхозра ĕçлет.

Трактор паркĕнче çамрăксем те йышлă. И. Ильин, наставник пулнă май, вĕсене ĕçре куллен пулăшать, вĕрентсе пырать.

Çак кунсенче вăл ĕçри юлташĕсемпе хиртен фермăсем патне выльăх апачĕ турттарать.

● И. Ильин тракторист.

С. Игнатьев фотоÿкерчĕкĕ.

— Суйлав умĕн —

# Кандидатсене регистрациленĕ

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ ЛЕНИН РАЙОНĔ ТĂРАХ

#### 10-мĕш Шумилов суйлав округĕ

Валентин Борисович **Исаев**, 1953 çулта çуралнă, «Шупашкарти электроаппаратура заводĕ» производство пĕрлешĕвĕн слесарь-инструментальщикĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Сергей Валерьевич **Маслов**, 1964 çулта çуралнă, Шупашкарти почтамтăн электромеханикĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

#### 17-мĕш Заречнăй суйлав округĕ

Вера Васильевна **Балепскал**, 1942 çулта çуралнă, «Чувашспецстрой» трестăн куçса çÿрекен механизациленĕ «Чебоксарскал» колоннин бригадирĕ, партире тăмасть,

**Андреев**, 1962 çулта çуралнă, халăх депутачĕсен Калинин район Совечĕн ĕçтăвкомĕн шалти ĕççен пайĕн çул çитмен çамрăксемпе ĕçлекен инспекторĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Вениамин [illegible] **Никифоров**, 1945 çулта çуралнă, ДОСААФ Чăваш облаçть комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Марат Ильдарович **Ягофаров**, 1961 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен заводĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи çамрăксен сурт-йĕр комплексен организациллĕ комитечĕн председателĕ, ВЛКСМ членĕ, Шупашкарта пурăнать.

#### 34-мĕш Пятино суйлав округĕ

торийĕн начальникĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

#### 38-мĕш Кăнтăр суйлав округĕ

Авенир Андреевич **Петровский**, 1955 çулта çуралнă, Шупашкарти ятарлă 21-мĕш шкул учителĕ, партире [illegible] нать.

Борис Николаевич **Якушкин**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти «Стройкерамика» завод директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРАХ

#### 41-мĕш Университет суйлав округĕ

Владимир Васильевич **Петров**, 1959 çулта çуралнă, Шупашкарти «Контур» заводри токарь, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

[illegible] Фролов килсе ситнĕ.

* * *

Совет[illegible] Литвари ĕçсыннисем М. С. Горбачев килессе кĕтнĕ. Çакăн умĕн январьти [illegible] кун хушшинче рабочисене, ял ĕçченĕсем, студентсемпе творчество интеллигенцийĕн представителĕсем КПСС Центральнăй Комите[illegible]

[illegible] Центральнăй Комитечĕн çак пленумĕ Литва Компартийĕн XX съезчĕ хыççăн Литва Компартийĕнче пулса тăнă лару-тăрăва тата республикăри пĕтĕмĕшле лару-тăрăва сÿтсе явнă. Вильнюсра, Литван тĕрлĕ районĕсенче пĕрпĕринчен нимĕн пытармасăр калаçнă, çак калаçусен тĕллевĕ — коммунистсен вăйĕсене пĕрлештересси, обществăри тĕрлĕ юхăмсен позицийĕсене тимлĕрех тишкересси. Республикăра нумайăшĕ çапла шутлать: вĕсене паян хĕрÿленсе кайни тата пĕр-пĕрне ÿпкелеме тăрăшни кирлĕ мар, вĕсен паянхи чăнлăхсене пур енлĕн виççе хаклама, суверенитетлă союзлă республикăсен федерацине çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ утăмсем тумалла.

Литван ирхи хаçачĕсем пурте паян хăйсен материалĕсенче М. С. Горбачев килсе çитни çинчен çырнă. «Тиеса» çак визита историе кĕрсе юлакан событи тесе хаклать. Пирĕн пата тĕнчери пурте пĕлекен тата çĕнĕлле шухăшлав идейине, паянхи кун пире уйрăмах кирлĕ идейăна каларса тăратнă çын килсе çитет, çырать вăл «Хамăрăн тивĕçе упрар» çырура. Вăл пирĕн пата ответлă вăхатра — халăх политикăра ăс-хакăл тĕлĕшĕнчен çĕнелсе сĕклекне тапхăрта килсе çитет.

Аэропортран М. С. Горбачев тÿрех Литва столицин В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен площадьне кайнă. Вильнюсра пурăнакан пиншер çынпа тĕл пулнă вăл. Хуларн çанталăк — çуркуннехи пек. Хĕррипе ватă çăкасем лартса тухнă илемлĕ сквер юртан тасалнă. Çăкасем литовецсемшĕн вырăссен хурăнĕ пекех, çавăнпа та «Вильнюсра каллех чечекре çăкасем» юрра кунта, вырăс хурăнĕ çинчен хывнă юрра юрланă пек, пурте юрлаççĕ.

М. С. Горбачев, пухăннисем саламласа кăшкăрнă май, машинăран тухать. Вăл В. И. Ленин памятникĕ умне чĕрĕ чечексем хурать, ун хыççăн площадре пуханнă çынсем патнелле утать.

**Сасă:** Ырă кун пултăр, пирĕн çĕр çине килсе çитнĕ ятпа!

**Сасă:** Михаил Сергеевич, Сире кунта кĕтрĕç!

**М. С. Горбачев:** Эпĕ те си[illegible]се шутлапăр, мĕншĕн тесен площадьре эпир мĕнпур ыйтусем çинче тÿрех ответлеймепĕр.

Çапла вара, пĕрремĕшĕ. Камсем-ха эпир? Кирек-хăш республикăра та, кирек-хăш поселокра та мĕнпур национальноçсен представителĕсем пурăнаççĕ. Çитменнине тата Литвара, литовецсен [illegible] пурнерех çаван пек правасемпех усă куракан çынсем. Пирĕн çĕршывра вара халĕ 60 миллион ытла çын хăйсен наци территорийĕсен тулашĕнче пурăнать. Халĕ акă сирĕн ыйтăвăра тепĕр хут лартар: эпир пĕр-перинчен уйрăлапăр, пĕчченшерĕн пурăнма тытăнапăр, çав çынсем вара мĕнлерех пурăнма тивĕçлĕ, шăписем мĕнлерех пулĕç вĕсен? Польшăра та çак ыйтăвах параççĕ, ФРГра та Атăл тăрăхĕнчи нимĕçсен шăпи çинчен ыйтаççĕ. Эпир пурте, пирĕн çапла тавас килет-и, сук-и, пĕр-пĕрипе çыхăнна. Çитменнине тата эпир сирĕнпе халлĕхе тĕрĕссипе федерацире пурăнман та. Эпир унитарлă государствăра пурăннă. Унта вара хăйен чăнлăхĕсем пулса тăнă.

**Сасă:** Анчах çакна пула экономика ниххех тÿсет вĕт...

**М. С. Горбачев:** Эпир ку тема патне таврăнапăр-ха. Пирĕн çапла тăвас килет: çын хăйне лайăх туйтăр тата пурипе те çавăн пекех пултăр. Аса илĕр-ха, Украинăра вырăс чĕлхи çинчен ыйту лартрĕç çеç, çака тÿрех нумай çын интересĕсене пырса тиврĕ. Украинăра вара вырăссем — 15 миллион çын. Донбасс пĕтĕмпе тенĕ пекех вырăссенчен тăрать, Харьковра вырăссем пурăнаççĕ, Крымра — 66 проценчĕ вырăссем. Куратăр ĕнтĕ, лозунг кăларса таратни çеç çителĕксĕр, ун пирки шухăшласа пăхмалла. Алă пустарнине пухса сÿрени те ыйтăва татса пама пулăшсах каймасть. Эстоние илер. Унта пурăнакан çынсенчен 40 проценчĕ мĕн авалтанпах славянсем пулнă. Вĕсем кунта ĕмĕртенпе пурăннă. Халĕ, акă, Эстонире урăхла чĕлхепе калаçакан автономиллĕ район йĕркеленет. Тен, сасартăк Эстони Совет Союзĕнчен тухас ыйтăва кăларса тăратĕ, мĕнех, эпир вара пайланса кайăпăр-и? Çак çул-йĕр пысăк çухатусем кÿме, юн юхтарма пултарать.

**Сасă:** Совет Союзĕ хăй çĕнелсе улшăнмасть пулсан, мĕнле пулмалла-ха?

**М. С. Горбачев:** Килĕшместĕп, эпир çĕнетÿ çул-йĕрĕпе куçса пыратпăр. Çавна май эпĕ çĕнетĕвĕн тепĕр ыйтăвĕ патне — экономика патне куçатăп. Производителлĕ вăйсене эпир унитарлă государствăри пек аталантарса пытăмăр тата вырнаçтарса [illegible]сÿтсе явма пулать тата çак çурăм хыççĕнче танам тăманнине тата çапа вăйлаласа тăвăрма хатĕр пулманнине сирĕп шанса тăма пулать. Çапла вăл çĕнетĕвĕн чи пирвайхи тата чи кирлĕ сĕнтерĕвĕ: паян эпир мĕнпур ыйтусене лăпкăн, ответлăха туйса, пур енлĕн сÿтсе явма пултаратпăр. Чăнах та, демагогсемпе хĕтĕртекенсем[illegible]. Анчах, ман шутпа, чи кирли сĕнтеретех: хамăр пурнăçăн мĕнпур енĕсене эпир уççăн сÿтсе явма пултаратпăр.

Тепĕр енчен, федераци хăй улшăнсан, çынсем хăйсене лайăхрах туйма пуçласан çеç пурăнма пултарать çĕнетÿ. Эсир астăватăр-и, эпир социаллă пурнăçпа экономикăна хăвăртрах аталантарас синчен пуçларăмăр тата пăл пурнăçа кĕме пултараймаиннине куртăмăр. Чи малтанах, политика системин ыйтăвĕсене татса пама кирли палăрчĕ. Çавăнпа та эпир вĕсем çине куçрăмăр. Тата çакă питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ: нацисем хушшинчи хутшăнусен ыйтăвĕсем çинчен те манмалла мар. Нацисем хушшинчи хирĕçÿсене федерацири лару-тăрăва, кашни республикăри лару-тăрăва тата кашни халăха хăйне улăштарсан çеç сирсе яма пулать, çакна эпĕ çирĕп шанса тăратăп. Акă, пăхăр-ха: тĕрĕслĕхе кăшт çеç урăхларах ăнланни Эстонире, Молдавире мĕн патне илсе çитерчĕ, лару-тăру мĕн тери йывăрланчĕ. Эсир хăвăр та туятăр пулĕ ĕнтĕ, пирĕн хушăмăрта та темле сивĕ çил вĕрме пуçларĕ. Çаканшăн пуçларăмăр-и вара эпир çĕнетĕве? Çук! Апла пулсан, федерацири çĕнетĕве пирĕн пурне те лайăхрах пултăр тесе тумалла, унăн пĕлтерĕшне тата мĕнпур республикăсен вырăнне çĕнĕлле хакламалла.

Пĕчĕк е пысăк халăх — вĕсем пĕр тан правăллă. Çавăнпа та вăл темле пĕчĕк пулсан та, халăх шăпине шута илменни — питĕ хăрушă политика, юлташсем, малашлăхсăр политика. Мĕншĕн тесен кунта, сирĕн патăрта, кирек-хăш халăх — белоруссем, поляксем, украинсем пурăнаççĕ пулсан та, вĕсем те сирĕн пекех хăйсен ачисем çак çĕр çинче, хăйсем çуралса ÿснĕ çĕр çинче телейлĕ пурăнасса шанаççĕ. Çак çĕр çинче лĕтĕмпех çакăнта пурăнакан халăх кăмăлне шута илсе ĕçлемелле. Енчен те ăна мĕн те пулсан килĕшмест пулсан, урăхла политика, ытти мерăсем çинчен шухăшламалла. Экономикăра çеç мар, культурăра, чĕлхере, политика процесĕсенче те — çынсем çĕр çинче хăйсене хуçа пек туйма пултарччăр.

Пирĕн федерации çĕнĕ сăн-сăпачĕ çакăн пек пулма [illegible]вара 37 проценчĕ ют çĕршывсен капиталĕ пулнă. Пире вара: хăйтĕлленĕлĕх, хăйтĕлленĕлĕх, теççĕ. Пĕлетĕр-и, ку вăл демагоги [illegible] пулса тухать. Кÿреймелле пултăр — каллех фактсене аса илетĕп. Колониализм системине çапса аркатнăранпа, нумай государство политика тĕлĕшĕнчен хăйтĕллĕн аталанма пуçланăранпа 40 çул иртрĕ. Анчах тĕрĕссипе вĕсем хăйсем тĕллĕн аталанман тата аталанма та пултараймаççĕ. Вĕсем чĕртавар парса тăракан çĕршывсем пулнă, халĕ те çапла. Ресурсене йÿнĕпе туяççĕ тата ĕç вăйĕпе те йÿнĕллех усă кураççĕ. Метрополисенче вара пурнăç шайĕ ÿснĕçемĕн ÿсет. Çапла вара, сирчен те хăшĕ те пулин пали пирĕн çĕршыври çыхăнусене татас, пĕр-пĕр республикăна, пĕчĕк халăха айккине пăрса хăварас тет пулсан — эпĕ, юлташсем, çак политикăна хутшăнмастăп. Эпĕ хам мĕне ĕненнине тÿрре кăларма тăрăшатăп. Хамăрăн пĕрлех пирки пирĕн çĕнĕлле шухăшласа пăхмалла: ку вăл Российăшăн та, Литвашăн та, Украинăшăн та, Арменишĕн те пысăк пĕлтерĕшлĕ. Çĕршывăн паянхи руководстви тата пулас руководстви ку енĕпе тата уçăмларах ĕçлеме шутлать.

**Сасă:** Михаил Сергеевич, компарти çинчен нимĕн те каламарăр.

**М. С. Горбачев:** Компарти çинчен. Енчен те эпир çĕнетĕвĕн кăткăс ыйтăвĕсене татса памалли çул-йĕрсене интеграци, коопераци процесĕсене сыхласа хăварса, федерацие çĕнетсе лайăхлатни çинче куратпăр пулсан, сичен те эпир экономикăра, ăс-хакăл тĕлĕшĕнчен килештерсе ĕçлемелли çĕнĕ çулйĕрсем шыратпăр пулсан, петĕм обществăна çĕршыва централизаци йĕркинчен хатарнă май парти теп, ефтсе пыракан вăй пулса тăрать. Çакă вăл Литвана çеç мар пырса тивет. Парти мĕнпур процессене тарăннăн тишкерме, çав тĕллевсене пурнăçланă чухне çынсен интересĕсене пĕрлештерме тивĕçлĕ. Çавăнпа та эпĕ — хăйтĕлленлĕхшĕн, чи анлă хăйтĕлленлĕхшĕн, урăхла пулма пултараймасть. Ыйтăва пăхса тухма вăхăт çитрĕ. Январьте эпир хамăрăн программăллă документра, парти сÿтсе явакан документра çĕннине нумай калăпăр. Çапла вара, эпĕ чи анлă хăйтĕлленлĕхшĕн, КПССри хăйтĕлленлĕхшĕн.

М. С. Горбачев Вильнюс çыннисемпе В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен площадьре, Т. Шевченко урамĕнче иртернĕ калаçусем сехет ытла пынă. Ун хыççăн вăл топливо аппаратурин пĕрлешĕвне [illegible] усилла çеç пулнă.

Запад проходнойĕнчен иртсенех Михаил Сергеевича пухăннисем тăвăллăн алă çупса кĕтсе илнĕ, саламлана, хăйсем патне килнешĕн тав тунă. М. С. Горбачев топливо насусĕсем пухакан цехсем тăрах тата механика цехĕ тăрах иртнĕ. Ĕç [illegible], професси [illegible] çынсем хушшинчи хутшăнусем, нацисем хушшинчи хутшăнусем — çакăн çинчен калаçнă вăл Т. Тумас, Л. Адамович, И. Миллем, С. Смола, В. Гражданов рабочисемпе тата ыттисемпе те. Унпа калаçакансем хушшинче литва, поляк, белорус, вырăс наци представителĕсем пулнă. Çак коллективра çеç мар вăй хураççе вĕсем. Литва — нумай нацилле республика. Нацисем хушшинче хирĕçÿ кăларма, шовинистла кăмăл-туйăм çуратма юрамани çинчен калана. Литвана çĕнетÿ çулĕпе малалла анăçла куçса пыма пулăшакан тĕп услови — республикăра пурăнакан мĕнпур наци представителĕсен туслăхĕнче тата пĕрлĕхĕнче пулни çинчен калаçна.

Калаçусенчен пĕрне хутшăнна А. Бразаускас тĕп наци представителе пулман хашпĕр херарăмсем пăшăрханни çинчен каланине хирĕç çапла ответлене: «Мĕншĕн пăшăрханатăр-ха? Куратăр ĕнтĕ, никама та текенмесĕр, кирек мĕнле наци çыннине хăратмасăр пуратпăр», — Сартла Карабахри пек юн юхтарасси патне çитмен тата çавăн пек пулма памалла та мар, тене çавна май заводри ĕçченсенчен пĕри И. Ивашкевич поляк. Анчах сепаратистла кăмăл-туйăмлă çынсем республикăра литвасемпе республикăра пурăнакан ытти наци представителĕсем хушшинчи хутшăнусенче сиве туйăм çуратнине-çынсем перре мар асăрхана.

Республикăри лару-тăру улшансах пыни пирки шухăшлани те пăшăрхантарать пулĕ, тенĕ М. С. Горбачев. Лару-тăрăва йывăрлатасси çинчен мар, ăна мĕнле май, па лайăхлатасси çинчен пĕрле шухăшламалла.

М. С. Горбачевпа калаçнă çынсен вăл Литвана, пĕтĕм Союза аталантармалли çулйĕрсем пирки мĕн шухăшлани пирки ыйтса пĕлес килнĕ. Çавна май унăн нумай ыйту çине ответлеме тивнĕ. Заводан представителĕсем умĕнче сăмах каласа, çав ыйтусене татах анлăрах, туллинрех çутатса панă.

Каçхине М. С. Горбачев Пичет суртĕнче республикăри творчество тата наука интеллигенцийĕн представителĕсемпе тĕл пулнă.

## [...] Кандидатсене регистрациленĕ

**Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:**

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ ЛЕНИН РАЙОНĔ ТĂРАХ

**10-мĕш Шумилов суйлав округĕ**

Валентин Борисович **Исаев**, 1963 çулта çуралнă, «Шупашкарти электроаппаратура завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн слесарь-инструментальщикĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Сергей Валерьевич **Маслов**, 1964 çулта çуралнă, Шупашкарти почтамтăн электромеханикĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**17-мĕш Заречнăй суйлав округĕ**

Вера Васильевна **Балепскал**, 1942 çулта çуралнă, «Чувашспецстрой» трестăн куçса çÿрекен механизацилле «Чебоксарская» колоннин бригадирĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Алексей Сергеевич **Волков**, 1948 çулта çуралнă, республикăри хуçалăхсен пĕрлехи «Чувашагросервис» пĕрлешĕвĕн автобазин пай начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Николай Иванович **Саблин**, 1934 çулта çуралнă, чăх-чĕп ĕрчетекен «Чувашское» производство пĕрлешĕвĕн директорĕн заместителĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ КАЛИНИН РАЙОНĔ ТĂРАХ

**22-мĕш Октябрь суйлав округĕ**

Валерий Виссарионович Андреев, 1962 çулта çуралнă, халăх депутачĕсен Калинин район Совечĕн ĕçтăвкомĕн шалти ĕççи пайĕн çул çитмен çамрăксемпе ĕçлекен инспекторĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Вениамин Никифорович **Никифоров**, 1945 çулта çуралнă, ДОСААФ Чăваш облаçть комитечĕн председателĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Марат Ильдарович **Ягофаров**, 1961 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕнчи çамрăксен сурт-йĕр комплексĕн организацилле комитечĕн председателĕ, ВЛКСМ членĕ, Шупашкарта пурăнать.

**34-мĕш Пятино суйлав округĕ**

Владислав Владимирович **Дроздов**, 1942 çулта çуралнă, «Чувашспецмонтаж» территори монтаж комплексĕн начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Александр Иванович **Иванов**, 1937 çулта çуралнă, Шупашкарти тимĕр-бетон конструкцисен 9-мĕш заводĕн тĕп технологĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Людмила Ивановна **Исакова**, 1945 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн наука тĕпчев пайĕн лабораторийĕн начальникĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**38-мĕш Кăнтăр суйлав округĕ**

Авенир Андреевич **Петровский**, 1955 çулта çуралнă, Шупашкарти [illegible] 21-мĕш шкул учителĕ, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать;

Борис Николаевич **Якушкин**, 1938 çулта çуралнă, Шупашкарти «Стройкерамика» завод директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТĂРАХ

**41-мĕш Университет суйлав округĕ**

Владимир Васильевич **Петров**, 1959 çулта çуралнă, Шупашкарти «Контур» заводри токарь, партире тăмасть, Шупашкарта пурăнать.

**45-мĕш Приволжски суйлав округĕ**

Владимир Данилович **Данилов**, 1946 çулта çуралнă, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн доценчĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать;

Валентина Анисимовна **Салтыкова**, 1948 çулта çуралнă, «Центросоюзăн Мускаври кооператив институчĕ» потребительсен кооперацийĕн йĕркине наука комплексăн Шупашкарти филиалĕн доценчĕ, КПСС членĕ, Шупашкарта пурăнать.

### ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ КАЛИНИН РАЙОНĔНЧИ СУЙЛАВÇĂСЕНЕ ПĔЛСЕ ТĂМА

СССР халăх депутачĕ Леонид Федорович Валентинов граждансене 1990 çулхи январĕн 16-мĕшĕнче 16 сехетрен пуçласа 21 сехетчен Калинин райĕçтăвкомĕн 110-мĕш кабинетĕнче йышăнать.

**КАЛИНИН РАЙОН СОВЕЧĔН ĔÇТĂВКОМĔ.**

## Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕнче

Чăваш совет музыка искусствине тунă тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Юрий Александрович Прокопьева — Чăваш государство музыка театрĕн вокалист-солистне, Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артистне «Чăваш АССР халăх артисчĕ» хисеплĕ ят панă.

* * *

Чăваш совет хореографи искусствине тунă тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн Галина Федоровна Никифоровăна — Чăваш государство музыка театрĕн балет артисткине «Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ» хисеплĕ ят панă.

## Сĕнÿсемпе паллашнă

Январĕн 11-мĕшĕнче республикăра КПСС Центральнăй Комитечĕн членĕ, СССР Министрсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ, СССР Министрсен Совечĕн химипе вăрман комплексĕ енĕпе ĕçлекен бюровĕн председателĕ В. К. Гусев пулнă. Вăл Вăрнарти хими заводне тата «Химпром» пĕрлешĕве çитсе курнă, производствăпа, çак предприятисене реконструкцилес ĕç мĕнле пынипе паллашнă, рабочисемпе тата специалистсемпе тĕл пулнă.

Çав кунах каçхине КПСС обкомĕн бюровĕн анлă ларăвĕнче республикăра поликарбонат туса кăларассине ăçта вырнаçтарасси çинчен пĕр-перин шухăшĕсемпе паллашнă. Сăмсем тухса калаçнă: СССР халăх депутачĕ А. П. Айдак, Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас енĕпе ĕçлекен государство комитечĕн председателĕ Ж. Г. Строкач, хими наукисен докторĕ, И. Н. Ульянов ячĕпе хисепленекен Чăваш государство университечĕн профессорĕ О. Е. Насекин, «Химпром» производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ Л. С. Шевницын, «Агрохим» государство агрохими ассоциацийĕн председателĕн заместителĕ М. Г. Кирьянов, Çĕнĕ Шупашкар хула Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ И. А. Матросов, КПСС обкомĕн бюровĕн членĕсем Г. Н. Волков, А. А. Леонтьев, А. М. Леонтьев.

КПСС обкомĕн бюровĕн ларăвĕнче çавăн пекех СССР Министрсен Совечĕн Председателĕн заместителĕ В. К. Гусев тата КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров тухса калаçнă.

КПСС обкомĕн бюровĕ республикăра поликарбонат туса кăларма шикăн экологи тĕлĕшĕнчен тĕппипех хăрушсăрлăх гарантийĕ пама пултаракан условисем туса хурсан çеç тытăнма май пуррине йышăннă. Чăваш АССР Министрсен Советне ученăйсемпе специалистсене, çак ĕçпе интересленекен мĕнпур организацисене, çав шутра Чăваш АССР Çутçанталăка сыхлас енĕпе ĕçлекен государство комитетне тата çутçанталăка сыхлакан общество республикăри организацине хутшăнтарса, халăх шухăшне шута илсе, çак ыйтăва тепĕр хут тĕпчеме, конкретлă сĕнÿсем хатĕрлеме хушса хăварнă.

## Иккĕмĕш хут космосра

**ВĔÇЕВЕ ЙĔРКЕЛЕСЕ ТĂРАКАН ЦЕНТР, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС).** Пилот тытса пыракан «Мир» комплекс экипажĕ уçă тĕнче уçлăхĕнче ĕçсен черетлĕ тапхăрне пурнăçланă. Орбитăри комплексăн çÿлти пайне иккĕмĕш хут уçă космоса тухса çĕнĕ наука приборĕсем вырнаçтарса лартнă тата 1988 çулхи декабрьте Совет Союзĕпе Франци экипажĕ вĕçнĕ вăхăтра вырнаçтарнă конструкци материалĕсен тĕслĕхĕсене сÿтсе илнĕ.

Уçă космоса Александр Викторенкăпа Александр Серебров январĕн 11-мĕшĕнче Мускав вăхăчĕпе 11 сехет те 01 минутра станцин куçăм пÿлĕмĕнчи люк витĕр тухнă.

Станцин тулашĕнчи сийĕ çумне экипаж металран туман материалсен тĕслĕхĕсене, «Квант» астрофизика модулĕ çине — «Арфа» аппаратура вырнаçтарса лартнă. Çак аппаратура Çĕрĕн ионосферипе магнитосферине малалла тĕпчеме тивĕçлĕ. Ун хыççăн космонавтсем ытти материалсенчен тăракан панеле сÿтсе илнĕ. Орбитăри комплекс тулашĕнче пурнăçлама палăртнă ĕçсене вĕçленĕ хыççăн командирпа бортинженер пĕр карап çинчен тепĕр карап çине куçмалли пÿлĕме таврăннă, черетлĕ специализациленĕ модуле йышăнас енĕпе хатĕрленмелли ĕçсене пурнăçланă. Космонавтсем «Квант-2» модуль вырнаçнă тĕлти сыпăнмалли агрегата сÿтсе илнĕ тата ăна станцин тепĕр вĕçĕнчи айккинчи пайне вырнаçтарса хунă.

Экипаж уçă космосра пурĕ 2 сехете те 54 минут пулнă.

Пилот тытса пыракан комплекс вĕçевĕ малалла пырать. Александр Викторенкăпа Александр Серебров хăйсене лайăх туяççĕ.

## Атăлпа Урал тăрăхĕнчи автономиллĕ республикăсенче

### Çитĕнÿсем пысăк

Азнакаево районĕнчи «Азнакаевский» совхозри выльăх-чĕрлĕх фермин арендаторĕсем иртнĕ çула пысăк çитĕнÿпе вĕçленĕ. Вĕсем кашни ĕнерен вăтамран тăватă пин килограмм ытла сĕт суса илнĕ. Унченхи çул шайĕнчен çавă 400 килограмм ытларах. Совхоз фермăран 300 пин тенкĕ тупăш илнĕ.

Сĕт-çу фермин коллективĕ аренда меслечĕпе ĕçлеме тытăнни çакăн пек çитĕнÿ тума май панă. Çынсем хăйсен ĕçне тĕплĕрех пурнăçлама тытăннă, юлашкинчен пулакан результатпа ытларах интересленнĕ. Кунта ĕне кĕтĕвне ăратлă выльăхпа çĕнетсех тăраççĕ, сĕт нумай антаракан ĕнесене тытма тăрăшаççĕ. Выльăх апатне хатĕрлесе кăна параççĕ, рационна çирĕп пăхăнаççĕ. Фермăна хăпа лайăх хатĕрленĕ, пур çĕрте те таса, йĕркеллĕ. Çак мерăсем сĕт суса илессине ÿстерме çеç мар, пысăк пахалăхлă продукци илме те пулăшаççĕ. Ферма коллективĕ пĕтĕм продукцие пĕрремĕш сортпа кăна ăсатать.

Экономикăн çĕнĕ механизмне лайăххăн алла илес тĕллевпе кунта ĕçлекенсем Целиноград облаçĕнчи пĕр паллă совхозра пулса курнă, унти пата опытпа паллашнă.

«Советская Татария».

### Цех тупăш парать

Ичалковски районĕнчи «Луч коммуны» колхозра хуçалăхăн хушма промыслисен цехĕ пысăк тупăш парать. Кунта целлофан хутассем туса кăлараççĕ.

Цех пысăк мар. Унта пĕтĕмпе те 14 çын çеç ĕçлет. Мăнпур тупăшран тăкаксене кăларнă хыççăн юлакан укçа-тенкĕн 42 процентне кунта ĕçлекенсене тÿлеççĕ, тепĕр 58 процентĕ колхоз кассине каять. Малтанлăха шутласа пăхнă тăрăх, хуçалăх цехран çулталăкра 270 пин тенкĕ тупăш илнĕ.

«Советская Мордовия».

### Ют чĕлхесене вĕренеççĕ

Ижевскри предприятисенче халĕ нумай пеш енчен илнĕ çынсем вырăнти хаçатсем журналсенчен те ытларах пулаççĕ пулĕ. Уйă...

*Икĕ суйлав хушшинче*

# ЫРĂ УЛШĂНУ — КУÇ ТУЛЛИ

**Çĕрпÿ районĕнчи Рынкă ял Совечĕ 7 ялтан тăрать. Пурте кунти совхоз-техникума кĕреççĕ. Икĕ суйлав хушшинче çак ялсен пурнăçĕнче мĕнле улшăнусем пулса иртнĕ-ха? Пирĕн корреспондент Рынкă ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕнчен И. Д. Тимофеевăран çакăн çинчен каласа пама ыйтнă.**

— Икĕ суйлав хушшинчи тапхăр пысăках мар. Çапах та каласа памалли пурах. Чи малтанах акă мĕн палăртмалла: ялсен сăн-сăпачĕ сĕнелсе улшăнни совхоз-техникумăн экономики суллен вăйланса пынине кăтартса парать. Мĕн каланине çирĕплетме пĕр-икĕ тĕслĕх илерха. Виç-тăватă çул каярах кашни ĕнерен çулталăкра 1.800—2.000 килограмм сĕт суса илме ĕмĕт-тĕллев тытнă. Ун чухне çак хисепе те пысăк çитĕнÿ вырăнне хунă. Пĕлтĕр кашни ĕнерен 3.646 килограмм суса илтĕмĕр. Уйрăмлăх пĕчĕк мар. Çулталăкра кашни ĕнерен, унчченхи çулпа танлаштарсан, 104 килограмм нумайрах сĕт сунă. Çакă государство планне срокчен тата иртерсе тултарма май пачĕ.

Сĕтĕн çулталăкра пысăк пахалăхĕ лайăх. Ку вăл ĕнесене тутлăхлă апатпа тăрантарнине, таса витере усранине кăтартса парать. Пĕлтĕр пур фермăсен çурчĕсене те сăнетсе тупăмăр. Алă вĕççĕн тунă ĕçсене комплекслă механизациленĕ. Кормокухнясенче хутăш апачĕ хатĕрлеме, ăшă парса тăма ку чухнехи оборудовани вырнаçтарса лартнă.

Фермăсенчи тепĕр пысăк улшăну вăл — сăвакан ĕнесен ăратне çĕнетсе лайăхлатни. Халĕ хура-ула ĕнесем усратпăр. Кăçал вĕсен йышне тата ытларах ÿстерме палăртнă. Çакăн усси пысăк. Ене сăвакансем хушшинче социализмла ăмăрту çĕнĕ вăйпа сарăлчĕ. Вĕсем каланă тăрăх, сĕт нумай антаракан ăратлă ĕнесене пăхма та лайăхрах. Акă, Вера Николаевăпа Анна Шегулева иртнĕ çул кашни ĕнерен 4.294—4.300 килограмм сĕт суса илнĕ. Фермăсенчи тепĕр çĕнĕлĕх — пĕлтĕр доярккăсем икĕ сменăпа ĕçлеме тытăннă. Ĕç унçи хушăннă.

Выльăх-чĕрлĕх фермичи ĕçсене совхоз дирекцийĕпе специалистсем йĕркелесе пыраççĕ, теме пултараççĕ. Тепĕр майлă каласан, ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн тÿпи палăрсах та каймасть пек пулса тухать. Çапла шухăшлени, ман шутпа, тĕрĕс мар. Акă мĕншĕн. Хуçалăха ертсе пыракансенчен чылайăшĕ депутатсем, яланхи комиссисен ĕçне тÿрремĕнех хутшăнакан çынсем. Апла пулсан, ял Совечĕн ĕçтăвкомĕ тата яланхи комиссисем совхоз пурнăçĕпе çыхăннă кашни ыйтăва пĕрле татса параççĕ. Палăртнă ĕçсене пурнăçа кĕртме депутатсем тÿрремĕнех хутшăнаççĕ.

Ял Совечĕн сессийĕсенче, ĕçтăвкомăн тата яланхи комиссисен ларăвĕсенче специалистсен, уйрăмсен заведующийĕсен отчечĕсене итлетпĕр. Депутатсем, ситменлĕхсене палăртнипе пĕрлех, вĕсене пĕтерме сĕнÿсем параççĕ. Ахальтен мар комиссисен членĕсем сессисемпе ларусем умĕн фермăсенче, уйрăмсенче пулаççĕ, унти лару-тарупа паллашаççĕ. Çак ĕçре депутатсене специалистсем пулăшаççĕ. Ку вăл хуçалăха малалла аталантарассине çыхăннă ыйтусене ял Совечĕн ĕçтăвкомĕпе совхоз-техникум дирекцийĕ пĕр шухăш-ĕмĕтлĕ пулса таттса панине пĕлтерет. Кун пек чухне пĕрин ĕç меслечĕ теприн опычĕпе пуянланса пырать.



Пурăнмалли çурт-йĕр лартасси — ялта та кăткăс ыйтусенчен пĕри. Укçа-тенкĕ кирлĕ. Унтан та ытларах строительство материалĕсем сукки чарса тăрать. Ял Советне кĕрекен ялсенче пушă суртсем пур. Пĕрлехи вăйпа 5 сурт тулитăмăр, тĕпрен юсарăмăр. Пахча вырăнĕсене çав суртсене пурăнма кусна кил-йышсем çирĕплетсе панă. Малашне çак ырă йăлана йĕркелĕ тата анлăрах сарса пырăпăр.

Уйрăм çынсем аренда меслечĕпе выльăх-чĕрлĕх самăртма кăмăл тăвакансем те пур. Ял Совечĕн ĕçтăвкомĕ ырă пуçару тăвакансене пулăшма яланах хатĕр. Вĕсене ялсенчи пушă пахчасенче выльăх апачĕ хатĕрлеме ирек панă. Уйрăм çынсен хаспăр хăй килĕнче пĕлтĕр 180 сысна самăртса государствăна сутнă. Кунпа пĕрлех 87 ĕне-выльăх самăртса панă. Кашнин чĕрĕ виçи 400 килограмм таяннă.

Иртнĕ суйлав вăхăтĕнче депутатсене панă тĕп наказсенчен пĕри вăл — совхоз-техникумăн экономикине çĕклесси пулнă. Суйлавçăсем, чи малтанах, тырпул тата выльăх апачĕлĕх культурăсен тухăçлăхне ÿстерессине асра тытнă. Депутатсем сĕннипе, ĕçтăвком ларăвĕнче специалистсемпе уйрăмсен заведующийĕсен отчечĕсене итлерĕмĕр. Кашни хăйĕн малашнехи ĕмĕт-тĕллевĕ тата ăна мĕнле майпа пурнăçа кĕртме палăртни çинчен каласа пачĕ. Хăйсен сăмахне çилпе вĕçтермерĕç. Иртнĕ çул, акă, типĕ килчĕ. Апла пулин те, совхоз кашни гектартан 25,1 центнер тырпул туса илчĕ. Çакăнта В. Ивановпа В. Монин механизаторсен тÿпи те пур. Уйхир ĕçченĕсем хушшинчи социализмла ăмăртура А. Иванов ертсе пыракан 3-мĕш уйрăм мала тухрĕ. Кунта 180 гектар çинчен 32,9 центнер ыраш пухса кĕртнĕ. Çĕрулми тухăçĕ те малтан палăртниччен пысăкрах.

Выльăх-чĕрлĕхе тăрантарма 346 гектар çинче кукуруза туса илетпĕр. Ăна тĕштырă технологийĕпе акнă. Çакă кукуруза пусĕнчен кăна 200 тонна ытла силос хывса хăварма май парать. Унăн тутлăхĕ пысăк. Çакă тĕштырă нумай перекетлесе хăварма пулăшать.

Икĕ суйлав хушшинчи çулсенче совхоз-техникумăн укçан илекен тупăшĕ хушăнса пынă. Пĕлтĕр, сăмахран, 1.300 пин пулнă. Çавна май строительство ĕçĕсем, уйрăмах пурăнмалли çуртсем лартасси, анлăн сарăлчĕ. Кашни ялта 5—6 çемье çĕнĕ çурта пурăнма кĕрет. Юлашки вăхăтра кăна 4-шар хваттерлĕ 4 çурт ĕçе ятăмăр. Халĕ тата 60 хваттерлĕ тепĕр çурт тăвататпăр.

Ял çыннисен пурнăçĕ суллен лайăхланса пырать. Кашни кил-çуртра тенĕ пекех телевизор, радиоприемник, йăлара усă курмалли хатĕрсем пур. Çăмăл автомашинăсемпе мотоциклсем 30 ытла шутланаççĕ.

Анчах çĕнетсе улăштармалли татах та нумай. Ун пирки ял çыннисен суйлав умĕнхи пухăвĕсенче, депутата суйлама тăратнă кандидатсемпе ирттерекен тĕлпулусенче усăмлă калаçу пырать. Çак пухăва, чи малтанах, суйлавçăсен наказĕсенче тĕп вырăна хураççĕ.

Ял Совечĕн территорийĕнче Культура çурчĕ, клуб, библиотека, вăтам тата тулли мар вăтам шкулсем, ачапăча сачĕ, фельдшер пункчĕ...

*Урăх çĕршывсенче*

# Хак ÿсет

— Савнă паня! Мана çу пачкине вунултăмĕш пайне касса парсамăр, тархасшăн.

Хăйĕн ыйтăвĕ çынсене тĕлĕнтересрен ямесе тата çынна чăрмантарма тивнĕшĕн пăшăрханса, тирпейлĕ карчăк черетри çынсем çине айăплăн пăхса илчĕ. Анчах поляксен çавра-пăçулăхĕ кунта та палăрчĕ: черетре вăтă çынна айăпласа е унран тăрăхласа асăрхаттаракан никам та пулмарĕ. Çамрăк продавщица вара çу пачкине хăй умнерех куçарса хучĕ те ăна касма пуçларĕ...

Варшаврăн пĕчĕк тăкăрлăкĕсенче тĕл пулакан пĕчĕк магазинсенчен пĕринче эпĕ çакна курнă чухне Польшăн пĕтĕм апат-çимĕç комплексĕн ĕçĕнче «рынок механизмĕсене» ĕçе кĕртме тытăннăранпа виççĕмĕш уйăх пуçланнăччĕ. Хаксем питĕ нумай ÿснине пула сасартăк хăраса ÿкнĕ халăх лăпланма пуçланăччĕ ĕнтĕ. Анчах ытларах та ытларах çынсем, уйрăмах ватă çынсем магазинсенче паян мĕн туянма май пуррине шута илсе хăйсен укçине çине-çинех шутласа пăхнине курма çăмăлах марччĕ.

Иртнĕ çу вĕçĕнче Польша правительстви рынок пулăшнипе экономикăна, вăххăн суталлан хаксен системине йĕркелесе çитересси, производство тупăшлăхне ÿстересси, укçа йÿнелесе пынине чарса лартасса шанса, хаксене рынокри хаксене кура палăртрĕ. Анчах хаксене ÿстерме ытти вăйсем хутшăнчĕç. Хресченсем тата апат-çимĕç продукчĕсем туса кăларакан ытти çынсем, суту-илÿ предприятийĕсем тата илхуçалăх чĕрткаварĕнчен апат-çимĕç продукчĕсем туса кăларакан фирмăсем хаксене çав тери ÿстерсе ячĕç. Хаксем нумай хутчен ÿсрĕç. Çулталăк тăршшĕнче вĕсем мĕн чухлĕ ÿснине Польшăн тĕп статистика управленийĕ те шутласа кăлараймасть. Аш-какай тата питĕ кирлĕ ытти нумай продуктсем туса кăларасси чакрĕ. Хресченсем хăйсен таварĕсене сутма тăхтаса тăраççĕ.

Правительствăн «Речь Посполита» хаçачĕ пĕлтернĕ тăрăх, врачсем акă мĕн пирки шикленеççĕ: хаксем пысăк пулнине кура апат-çимĕçре нумай продуктсемпе усă курма пăрахни поляксен сывлăхне сиен кÿрет. Нумай çынсем апат-çимĕçрен кирлĕ чухлĕ калори илеймеççĕ. Учительсем шкулсенче нумай ачасем выçă пирки тăн çухатнине палăртаççĕ.

Анчах «Солидарность» профпĕрлешÿ туса хунă правительство (ăна Министрсен совечĕн председателĕ Т. Мазовецкий ертсе пырать) хуçалăх реформисене малашне те палăртнă ...ма шутлать. Çĕнĕ çул умĕн Польша парламенчĕ социаллă пурнăçпа экономикăри лару-тăрăва нумай йывăрлатакан законсен проекчĕсене йышăннă. Çав проектсене «Бальцерович ...е чакарасси. Правительство шухăшĕпе, çак меслет укçа йÿнелесе пынине хирĕç кĕрешме пулăшмалла. Производство хăвачĕн пысăк пайне уйрăм çынсен аллине памалла, хуçалăхри йывăрлăхсемпе ăнăçлă кĕрешме пултарайман предприятисене пĕтермелле. Министрсен совечĕн председателĕн заместителĕ, Польшăн финанс министрĕ Л. Бальцерович каланă тăрăх, çÿлерех асăннă проектсем производство каялла пăшне чакараççĕ, чылай предприятисене банкрута кăлараççĕ, ĕççĕр пурăнакансен йышне ÿстереççĕ.

Çĕнĕ законсене ĕçе кĕртнине Польшăри рабочисен пĕрлешĕвĕ партийĕн, Профсоюзсен пĕтĕм Польшăри килĕшĕвĕн представителĕсем Польша халăх хуçалăхне капитализм системи çине куçарни вырăнне хураççĕ. Вĕсем правительствăн экономика системине улăштарнă чухне ĕççыннисен интересĕсене шута илме кирли çинчен пĕр хут çеç мар аса илтерчĕ. Сеймăн Польшăри рабочисен пĕрлешĕвĕ партийĕнчен суйланă депутачĕсем çапла асăрхаттарнă: капитализм системи çине куçни пĕтĕм халăха ырлăх туса парас çукки çинчен суйлавçăсене тÿрĕ хăмăлпа пĕлтермелле. Польшăра çапла шутлаççĕ: капитализм çулĕ çине тăрса кризисран тухмалли тапхăрти йывăрлăхсене пуянсем кăна çăмăллăн тÿссе ирттерме пултараççĕ. Экономистсем шутланă тăрăх, çĕнĕ реформăсем 1990 çулта халăх пурнăçне чылай йывăрлатĕç: хаксем 600 процент ÿсеççĕ, ĕççĕр пурăнакансен йышĕ 400 пин çынна çитет.

Январьте çĕрçăмрăк, электроэнерги тата энерги паракан ытти продукци хакĕ 4—5 хут ÿсрĕ. Бензин хакĕ икĕ хут ÿснĕ. Кулленхи пурнăçра электричествăпа усă курнăшăн, вĕри шывшăн, çуртсене ăшăтнăшăн, газшăн поляксен халĕ 400 процент хаклăрах тÿлемелле. Хваттер хакĕ, почтăпа усă курнăшăн тÿлемелли хаксем ÿсеççĕ.

Польшăри рабочисен пĕрлешĕвĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ партин çитес съездĕнче сÿтсе явма программăллă деклараци проекчĕ хатĕрленĕ. Унта çапла каланă: «Польша пуласлăхне капитализмпа мар, демократилле социализмпа çыхăнтармалла. Демократилле социализм вăл çĕршыва ноÿклĕх, демократи, социаллă тĕрĕслĕх тата пĕр шухăшлăх туса хурассине пĕлтерет. Польша экономикине тĕпрен çĕнĕлле йĕркелемелле, рынок экономикин принципĕсен никĕсĕ çинче экономикăна çĕнĕ йĕрке туса хумалла, экономикăна ... аллă тĕрĕслĕхпе çыхăнтармалла. Государствăн экономикăна йĕркелесе тăракан социаллă политикине вăйлатмасăр çак тĕллеве пурнăçа кĕртме çук».



# Атăл кĕвви

Культура тата литературăпа искусство страници

## ПĔР ЯЛТАН— ВИÇĔ КОМПОЗИТОР

КУН ПЕККИ КУ ТАРАНЧЧЕН ПУЛМАНЧЧЕ. ВИÇĔ КОМПОЗИТОР — ПĔР ЯЛТАН. ТĂВАЙ РАЙОНĔНЧИ ТĂРМĂШРА ÇУРАЛНĂ АЛЕКСАНДР ВАСИЛЬЕВ, НИКОЛАЙ КАЗАКОВ, ЮРИЙ ГРИГОРЬЕВ — СССР КОМПОЗИТОРСЕН СОЮЗĔН ЧЛЕНĔСЕМ.

ВИÇÇĔШĔ ТЕ МАЛТАН ТĂРМĂШРИ ШКУЛТА, ШУПАШКАРТИ МУЗЫКА УЧИЛИЩИНЧЕ ВĔРЕННĔ, КАЯРАН АСЛĂ ПĔЛÜ ИЛНĔ: ВАСИЛЬЕВ — МУСКАВРИ МУЗЫКĂПА ПЕДАГОГИКА ИНСТИТУТĔНЧЕ, КАЗАКОВПА ГРИГОРЬЕВ — ХУСАНТИ КОНСЕРВАТОРИРЕ.

Музыкăпа вĕсем пĕчĕк чухнех интересленнĕ. Виççĕшĕ те шкулти художество пултарулăхне хастар хутшăннă. Иккĕшĕн (Александрпа Николайăн) ашшĕсем учительсем —40—50-мĕш çулсенче чапа тухнă Тăрмăш хорне ертсе пынă Георгий Васильевич Васильевпа Нил Дмитриевич Казаков (хор 1954 çулта Мускаври Пысăк театрта тата Советсен çурчĕн Колоннăллă залĕнче юрланă, 1957 çулта Горькири смотрта диплом илнĕ). Юрий ашшĕ — Павел Григорьевич Григорьев колхоз ветеринарĕ, виçĕ хутчен Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин медальне илнĕ (пĕрин ылтăн медаль). Паллах, ачасене музыкăна хăнăхтарнăшăн шкулта юрă урокĕсене ертсе пынă Александр Дмитриевич Дмитриев учитель те «айăплă».

Епле пулса тухнă тата пурнăçра: Александр Васильев ялти шкулта Н. Д. Казаковăн вĕренекенĕ пулнă, Шупашкарти училищĕре — унăн ывăлĕн, Николай Казаковăн, педагогĕ.



—Александр Васильев. Вунпилĕк çул каялла республикăри композиторсен çемйине хушăнсан, пирĕн хушăра вăл чи çамрăкки чĕ. Халĕ вара хамăра ертсе пырать: сакăр çул ĕнтĕ Композиторсен союзĕн правленийĕн председателĕ. Вăлах — РСФСР Композиторсен союзĕн правленийĕн секретарĕ. Творчествăра та пысăк çитĕнÿсем тума ĕлкĕрчĕ, унăн ăна Чăваш АССР искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕн хисеплĕ ячĕ тата Чăваш комсомолĕн Çеçпĕл Мишши ячĕпе хисепленекен премине пачĕç.

Ялти хутшăнăççă паян чăвашсен паллă композиторĕ пулса тăчĕ. Музыка театрĕнче унăн «Чакак» оперине лартрĕç. Вăл çырнă произведенисем симфони оркестрĕн, Чăваш государство юрăпа ташă ансамблĕн, телевиденипе радио хорĕн тата музыкант-солистсен репертуарĕсенче янăраççĕ. Вĕсемпе республика тулашĕнче те паллашрĕç. Творчествин çĕмĕлĕхе, пирĕн вăхăтри музыка чĕлхине туятпăр эпир вĕсенче.

кăрпа халăх инструменчĕсен оркестрĕ валли кĕвĕленĕ поэма, П. Хусанкай сăввисемпе кĕвĕленĕ юрăсем тата ытти те.

Виçĕ çул каялла, консерватори пĕтерсе, Н. Казаков Шупашкара таврăнчĕ. Халĕ вăл Композиторсен союзĕн председателĕн заместителĕ — хăйĕн учителĕн А. Г. Васильевăн «сылтăм алли». Çак кунсенче иккĕшĕ те РСФСРти композиторсен черетлĕ съездне делегат пулса хутшăнаççĕ.

Янăраççĕ чăвашра Н. Казаков кĕввисем те. К. В. Иванов ячĕпе хисепленекен академи театрĕнче «Айдар» драмăна унăн музыкипе лартрĕç. Халĕ Çамрăксен театрĕ хатĕрленĕ «Çурçĕр хыççăнхи апатлану» пьеса валли кĕвĕсем çырнă. Юлашки вăхăтри çитĕнĕвĕсем эстрада юррисемпе çыхăннă. Чылайăшĕ «Илем» ансамбль репертуарĕнче: «Пĕчĕк тăлăх хĕрачам», «Атăлтан тухать çур уйăх», «Кирек кам пулсассăн та» (иккĕшĕ П. Хусанкай сăввисемпе). Нумай пулмасть республикăра эстрада юррисен конкурсне ирттерчĕç, унта тăратнă виçĕ юрăшăн (Б. Чиндыков сăввисемпе) Николай I-мĕш преми çĕнсе илчĕ.



—Юрий Григорьев. Çемьери тăваттăмĕш ача. Аслисенчен Валентина — çĕвĕç-мотористка, Владимир — тренер, СССР спорт мастерĕ (физкультура институтне пĕтернĕ), Геннадий — медицина фельдшерĕ.

Кĕçĕнни, Юра, мĕн ачаран музыка тыткăнĕнче: пуçламăш классенчех хорта юрлать, баянпа калать. Тăвайри музыка шкулĕнчи баянистсен курсне те çÿрет вăл. Ялти шкулта 8 класс пĕтериччен нота çырăвне те вĕренсе çитнĕ. Ахальтен мар ăна тÿрех Канашри педагогика училищин музыка уйрăмне илеççĕ. Унта баянпа Бетховенăн «Эгмонт» увертюрине те [illegible] çитĕнÿ.

Кайран çар службинче — Германире тăракан совет çарĕсен Тĕп ансамблĕнче юрлать, баянпа калать. Композитор çулĕ çине тухиччен ик-виç çĕрте ĕçлеме тивнĕ: ялти культура çуртĕн директорĕ, Чăваш государство юрăпа ташă ансамблĕпе музыка театрĕн хорĕн артисчĕ (унта тăватă çул юрланă). Ĕçленĕ вăхăтрах музыка училищине композици ĕçне вĕренме В. А. Ходяшев класне çÿрет.

Пилек çул консерваторире, А. Б. Луппов класĕнче. В. Энтип сăввисем тăрăх çырнă «Варçă тĕлĕкĕсем» ярăмшăн çамрăк композиторсен Пĕтĕм Союзри конкурсĕнче диплом илет (юрă ярăмĕсем унăн тата пур—Ю. Айдаш, М. Сеспель...

---

*Саманасен сассисем*

## КИТАЙ ПОЭЗИЙĔ

П. Э. XI—VI ĕмĕрсем

Юрăсен кĕнекинчен (II, V, 8)

### Çулçăсем

Çутă-çутă çулçă çил çинче вĕçет.
Пуçласам, тус, юрă — юратас килет.
Çутă-çутă çулçă çаврăнса ÿкет.
Пуçласам, тус, юрă — аташас килет.

### Лиана пуçтаратпăр

[I, VI, 8]
Чăтлăхра лиана пуçтаратпăр.
Пĕр-пĕрне пĕр кун кăна курман —
Виçĕ кас та тейĕн.

Армути çăпатпăр, пуçтаратпăр.
Пĕр-пĕрне пĕр кун кăна курман —
Виçĕ çу та тейĕн.
Хыт-хура хуçатпăр, пуçтаратпăр.
Пĕр-пĕрне пĕр кун кăна курман —
Виçĕ çул та тейĕн.

ЦЮЙ ЮАНЬРЕН

(п.э. 340—278 çç.)

### «Лисао» поэмăран

Ир-ир эп çеçкерен сыпатăп сывлăм,
Кас-кас чечек çунаçĕ çикелеп.
Чун-чĕрампе пур чух чи çирĕп шанăç
Çак вăрăм вылăх та ытла тем мар.

Хир çеçкисен пуçкăшĕлĕ — ик татăк,
Сăрт çеçкинчен çыхатăп çĕнниие.
Пĕр чĕреме нимрен те сывăххишĕн
Эп хатĕр тăхăр хут пуçа хума.

Мана та вилĕм хăратма хăйсассăн,
Эп ÿкĕнсе ÿкермĕп ĕмĕте, —
Пиртен çĕр пин хут ăслăраххисем те
Пуç хунă чăнлăха хÿтĕлесе.

ЦАО ЧЖИРЕН

### Ахлату çинĕ ахлату

Шăпин çулне курап та, тупата,
Шеллетĕп тĕлсĕр утмăлтурата.

Пач татăлса çĕрти тымарĕнчен
Кусса çÿремелле ун хăçанччен!

Хыçне хăварнă тăхăр йăрана,
Çич çул хĕрри те чарайман ăна.

Çитет те çавраçил кĕтмен çĕртен
Ласкать хуралнă мĕскĕне темччен.

Варкăштарса кăра тĕвăлĕпе,
Вĕçен-çÿрен тăвать ункан тÿпе.

Вăр-вар вăйăн йăлăхтарса çитсен,
Вăл пăрахать çунатсăра çÿлтен.

Эп-те сапла: çуралнă кăнтăрта —
Хĕвел сив çурçĕр юрĕ кил-çурт...

Тус тухăçра — вăхçалла тĕнкĕлĕ,
Тымарсăр утмăлтуратах, тон, эп...

Пĕччен — ÿке-ÿке, тăра-тăра —
Таптатăп пилĕк сăрт чулне, вир...

Тăвăн кил тĕтĕмне куç хупиччен
Курас пек сакăр кÿлĕ хыçĕнчен.

Пуласчĕ курăк хăмăрăн хирте —
Ан тив, кĕл тутăр вут, лексен вирте.

Эй, тем та тĕсĕп кăрăсăр кĕтек...

Еç паман е ĕçрен кăлармаи вăл никçен —
Çĕр касать пĕлĕт çийĕн чи ирĕк çĕрте.

Тепĕр чух уйăха пуççапать вăл çĕрле,
Хĕсметçĕ тухас марччĕ тесе ÿсĕрле.
Çеçкесем хушшинче аташса кайнăскер.
Сăрт вăл, эпĕр — тусен, кĕл, эшкер.

### Çÿçе çÿçисем

Курсам, сивĕрех çупăрлаççĕ шыва
Çÿçе çÿçисем, сывлăмпа çуталсан.
Юр евĕр тасалăх шуратнă хăва
Хитрен тайăлать унталла, çил тухсан.

Салху чиперкке кантăкран туртăнса
Сăнать тĕмсĕлÿллĕн касхи çулсене.
Татать те çÿçенкĕ çÿçе çÿçине
Шыва вĕçторет, вăрттăн шухăш тытса.

### Хура курак краклатрĕ сĕм-çĕрле

Хура курак краклатрĕ сĕм-çĕрле —
Турат хÿтти чармасть пуль сиа çиле.

Тăвать-ха тĕлĕх арăм хăй ĕçне —
Тĕртет вăл пурçăн, тĕтĕм тĕслине.

Хаш! хашлатса пăхать тĕттĕмелле:
Татах ирччен пĕччен тертленмелле.

ДУ ФУРАН

### Кăйкăрлă картина

Çил те сивĕн вĕрет шурă пурçăн çинчен —
Пит ÿнерлĕ ÿкернĕ çак кăйкăр сăнне:
Вырă куçлăн, тискеррĕн пăхать вăл çÿлтен,
Çунатне пар! сарса ыткăнма хатĕрскер.
Тупăш курăнтăр çех — çулăм вучĕ пекех
Виркĕнме хатĕр çав харсăр чун сунара,
Кайăк-кĕшĕк карти хушшинчен сирпĕтсе
Юн та тĕк çеçенхир оннелле.

БО ЦЗЮЙИРЕН

### Сивĕ çимĕç касĕ

Уйăх çутатмасть, çук вут çути—
Сивĕ çимĕç касĕ темшĕн сулхăн.
Çур çĕр те иртет — тĕм хÿттине.
Тĕксĕм чечексен хыçне, тăратăп.
Çĕнĕ кун çывхарнă чух çиççе
Хамăн çулсенчен хăра пуçлатăп.
Чăн та, шăп çур ĕмĕре çитме
Пĕр çул çех, хăрах çул çох-çке юлнă.

СУ ШИРЕН

Çак ене килсе çитрĕм кăна —
Çил вĕрнешрĕ те çумăр тумларĕ.
Мĕскĕн кĕлĕм пек çуçÿревçĕ
Тупĕ-ши кил пекки тĕнчере!
Тÿпери кăпăшка пĕлĕтрен
Шурă çĕлĕк туса тăхăнасчĕ,
Юпăнчă вырăнне пĕркенесчĕ,
Çул вĕçне йăванса, тип çĕрпе.

ЛУ ЮРАН

### Ăнсăртран çыртăм хутăм пĕве хĕрринче

---

*К. В. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнĕ май*

## Вăрман лартар—и?

Нумаях пулмасть Чăваш телевиденийĕпе К. В. Иванов палăкне ăçта лартма палăртни, вăл мĕнле пуласси çинчен каларĕç. Поэт палăкĕ ун ячĕпе хисепленекен театр умĕнче вырăнлă та шеп пулмалла пек. Мĕнле те пулин кăлтăк сиксе тухса, малтан проектласа хунине ан пăстăрччĕ çеç — ун пек киревсĕрри пирĕн час-часах тупăнкалать. Ав, Çеçпĕл Мишши палăкне лартрĕç. Вырăнĕ те килĕшÿллĕ — халăх иртсе çÿренĕ вырăн, сăнĕ те — ытла ятламаллах мар, тейĕпĕр. Çапах та мăн чухлĕ çитменлĕх кăмăла пăсать!

К. Иванов палăкне тунă чух çавăн евĕр пулса ан тухтăрччĕ, малтан палăртса хуни харама ан кайтăрччĕ. Пĕтĕм ĕçе васкамасăр, типтерлĕ туса пырсан, эпир ĕмĕтленнĕ пек пулма тивĕç.

Скульптура умне, ырă çынна хисеплесе, чечек çыххисем хурас йăла пур. Аван йăла, тирпкеме çук. Анчах черчен чечек тепĕр темиçе сехетренех шанать, типет. Чечек-çеçке ялан ешĕл упрансан, мĕн тери авăн, килĕшÿллĕ пулмалла! Тĕнчипе паллă поэтăмăр К. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитсе ынnă май манăн çакăн пек шухăш-ĕмĕт пур. Чаплă юбилее палăртса палăк лартиипе çеç çырлахма кирлĕ мар.

Çакăн пек тĕслĕх илсе парам: 1987 çулхи июнĕн 14-мĕшĕнче нации геройĕ Васил Левски çуралнăранпа 150 çул çитнĕ май Болгари халăхĕ ун ячĕпе вăрман лартма пуçланă. Карлово хули çывăхĕнче вăрман валли 20 гектар çĕр уйăрнă. Пирĕн те çавăн пек тума май çук-ши? Ман шутпа, ку ĕçе халăх йышлăн хутшăнмалла: тăван поэзие, чăваш чĕлхине хисеплекен кашни çын, асран кайми поэта чысласа, йывăç, тĕм е чечек лартса ÿстерме пултарать. Нарспипе Сетнере асăнса, Иванова чысласа, çĕнĕренçĕнĕ йывăç лартсан, мĕнле чипер симĕс палăк — ешĕл вăрман е парк ÿссе ларнă пулĕччĕ!

Памятникĕ кирлĕ вăхăтра пулса çитет-и е çитмест — калама пĕлес çук. Шанас килет-ха та, анчах час-часах, ваттисем каланă пек, «шаннă йăвара...» теме тивет. Вăрман е парк лартасси вара хамăртан, кашни çын çĕкленĕвĕнчен килет. Симĕс палăка кашни çулах çĕнетсе сарса, илемлетсе пыма пулать.

Тен, ман ĕмĕтпе килĕшекенсем татах та пулĕç? Ку ĕçе пурнăçлама май тупăнсан, халех хатĕрленме пуçламалла мар-ши?

В. ПРОХОРОВА.
Чăваш АССР Министрсен Совечĕ çумĕнчи наука тĕпчев институчĕн аслă редакторĕ.

---

## Музей уçасшăн

Пĕлтĕрхи февраль уйăхĕнче КПСС Пишпÿлек райкомĕ районăн истори музейне тăвас пирки актив пухнă. Ăна вăрçăпа ĕç ветеранĕсен район совечĕн председателĕн заместителĕ Александр Федорович Семенов ертсе пырать.

Актив ĕçĕн малтанхи тапхăрĕ — пулас краеведени музейĕ валли материалсем пухасси. Музей район культурипе экономикин аталанăвне кăтартса паракан, уйăм революцичченхи, вăрçăчченхи, вăрçа вăхăтĕнчи тата уйхыççăнхи тапхăрĕсене çутатакан сичĕ пайран тăмалла. Унта пирĕн паллă ентешсен, чăваш поэзийĕн классикĕсен, Слакпуçĕнче çуралса ÿснĕ Константин Васильевич Ивановпа Яков Гаврилович Ухсай пурнăçĕпе, ĕçĕ-хĕлĕпе творчестви çинчен каласа паракан ятарлă стендсем тума

рăшса ĕçлерĕ кунта. Пухăннă уйçана музей фондне кусарма йышăнчĕç. Партипе совет, комсомол, агропром комплексĕнче ĕçлекенсем çав кун Халăхсен туслăхĕ паркра музей çурчĕн никĕсне хыврĕç.

Малашне музей совечĕн ларăвĕсене уйăхсерен ирттерме, тунă ĕçсем çинчен отчетсем итлеме йышăнчĕç. Çа[illegible] К. В. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнĕ [illegible] уçма май парĕ.

Юлашкинчен çакна каласа хăварас килет: Пишпÿлек районĕнче çуралса ÿснĕ, халĕ çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕнче пурăнакан, ĕçре чапа тухнă ятлă-сумлă çынсене, художникcемпе творчество ĕçченĕсене хăйсем ÿкернĕ картинăсемпе ĕçĕсене, асăнлăхĕсене, К. В. Ивановпа Я. Г. Ухсай тăванĕсемпе тусĕсене аслă поэтăмăрсен творчествипе та-

...Александр Васильев. Вунпилĕк çул каялла республикăри композиторсен çемйине хушăнсан, пирĕн хушăра вăл чи çамрăккиччĕ. Халĕ вара хамăра ертсе пырать: сакăр çул [illegible] председателĕ, Вăлах — РСФСР Композиторсен союзĕн правленийĕн секретарĕ. Творчествăра та пысăк çитĕнÿсем тума ĕлкĕрчĕ, уншăн ăна Чăваш АССР искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕн ятне тата Чăваш комсомолĕн Çеçпĕл Мишши ячĕпе хисепленекен премине пачĕç.

Ялти хуткупăссă паян чăвашсен паллă композиторĕ пулса тăчĕ. Музыка театрĕнче унăн «Чакка» оперине лартрĕç. Вăл çырнă произведенисем симфони оркестрĕн, Чăваш государство юрăпа ташă ансамблĕн, телевиденипе радио хорĕн тата музыкант-солистсен репертуарĕсенче янăраççĕ. Вĕсемпе республика тулашĕнче те паллашрĕç. Творчествăри çĕнĕлĕхе, пирĕн вăхăтри музыка чĕлхине туятпăр эпир вĕсенче.

...Николай Казаков. Тăрмăшри вăтам шкулта тата Тăвайри музыка шкулĕнче вĕреннĕ. Музыкант пулассин ачаранах палăрнă. Çемьери йăлапа Кольăн аппăшĕ Евгения Шупашкарти музыкăпа педагогика факультетне пĕтерет, халĕ тăван ялтах ĕçлет. Коля та малтан çав факультетах кайса кĕрет. Институтра вĕреннĕ вăхăтрах музыка училищинчи композици класне те çÿрет.

Тепĕр икĕ çултан — Хусанти консерваторире, А. Б. Луппов профессорăн композици класĕнче. Иккĕмĕш курсрах — çамрăк композиторсен Пĕтĕм Союзри конкурсĕн лауреачĕ. Ачасен хорĕпе юрламалли пилĕк пайлă «Хавасла сăнсем» сюитăна тăратнăччĕ вăл çав конкурса. Эпир ăна радио передачисенче пĕрре кăна мар итленĕ.

Консерваторире Коля чылай произведени çырать: симфони оркестрĕпе каламалли Увертюра тата «Çеçпĕл» поэма, виçĕ соната — фортепиано, сĕрме купăс тата флейта валли, икĕ квартет — вĕрсе каламалли тата хĕлĕхлĕ инструментсем валли, «Авалхи сас» — шă...

Кĕçĕнни, Юра, мĕн ачаран музыка тыткăнĕнче: пуçламăш классенчех хорта юрлать, баянпа калать. Тăвайри музыка шкулĕнчи баянистсен курсне те çÿрет вăл. Ялти шкулта 8 класс пĕтернччен нота çырăвне те вĕренсе çитнĕ. Ахальтен мар ăна тÿрех Канашри педагогика училищин музыка уйрăмне илеççĕ. Унта баянпа Бетховенăн «Эгмонт» увертюрине те калама пултарнă, ку вăл, паллах, пысăк çитĕнÿ.

Кайран çар службинче — Германире тăракан совет çарĕсен Тĕп ансамблĕнче юрлать, баянпа калать. Композитор çулĕ çине тухиччен ик-виç çĕрте ĕçлеме тивнĕ: ялти культура çуртĕн директорĕ, Чăваш государство юрăпа ташă ансамблĕпе музыка театрĕн хорĕн артисчĕ (унта тăватă çул юрлана). Ĕçленĕ вăхăтрах музыка училищине композици ĕçне вĕренме В. А. Ходяшев класне çÿрет.

Пилĕк çул консерваторире, А. Б. Луппов класĕнче. В. Энтип сăввисем тăрăх çырнă «Вăрçă тĕлĕкĕсем» ярăмшăн çамрăк композиторсен Пĕтĕм Союзри конкурсĕнче диплом илет (юрă ярăмĕсем унăн тата пур—Ю. Айдаш, М. Сениэль сăввисемпе). Композици ăсталăхне тĕрлĕ жанрсенче туптать: трубăпа валторна валли Сюита, валторнăпа каламалли Концерт, фортепиано валли Фантази, виçĕ пайлă Квартет (хĕлĕхлĕ инструментсемпе пĕрле), хĕлĕхлĕ инструментсен оркестрĕ валли тăватă пайлă Партита тата Концерт, юлашкинчен — пĕр актлă «Шуйттан чури» опера, К. В. Иванов сюжечĕпе (ку диплом ĕçĕ пулнă).

Консерваторирен вăл пĕлтĕр çеç тухрĕ-ха. Анчах унăн сасси те илтĕнет чăваш музыкинче. Радио тата телевидени передачисенче «Тăван кĕтес çинчен эп хыврăм юрă» ярăм янăрать (автор хăй, гитара каласа, юрлать), «Мунча юррине» Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ Н. Дмитриев юрлать (вăл та Тăрмăшран), «Сакки чăн та сарлака» юрă Государство ансамблĕн солистки Л. Семенова репертуарĕнче, «Шăпчăксем», «Юратăвăм, кай» — «Çеçпĕл» ансамбль репертуарĕнче. Композиторăн В. Энтип, Р. Сарпи, М. Сениэль, В. Кервен, Ю. Айдаш, С. Асамат сăввисемпе çырнă юрăсем вăтăра яхăн. Çĕнĕ юрă — «Хура чечек» (сăвви В. Кервенĕн). Илемлĕ, чуна тивекен кĕвĕллĕ. Тăван юрра юратакансем ăна кăмăлласах йышăнĕç. Çак кунсенче çамрăк автор Государство ансамблĕ валли «Хĕвел ташши» ятлă юрăпа ташă сюитине вĕçлерĕ (сăвви В. Энтипăн).

Тăвай районĕнчен тухнă композиторсем тата пур: Чăваш АССР искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕсем С. М. Максимов (1892—1951) — Епĕш Нăрвашран, В. П. Воробьев (1887—1954) — Элпуçĕнчен, Т. П. Парамонов (1895—1988) — Лачкассинчен.

Тăрмăшра тăватă кас. Виççĕшĕнчен пĕрер композитор тухрĕ: Шалаккасран Александр Васильев, Анаткасран Николай Казаков, Мишеркасран Юрий Григорьев. Шуркасран тата кам тухĕ-ши?

Чăваш чĕлхинче «тăрмăш» сăмах пуянлăх, пурлăх мул теннине пĕлтерет. Тăван халăха виçĕ композитор панă ял чăваш музыка культуришĕн чăнах та пуян ял пулчĕ.

**Ю. ИЛЮХИН,**
**РСФСР культурăн тава тивĕçлĕ работникĕ.**

---

Ласкать хуралнă мĕскăне темччен.

Варкăштарса кăра тăвăлĕпе,
Вĕçен-çÿрен тăвать уиран тÿпе.

Вăр-вар вăйăн аăлăхтарса çитсен,
Вăл пăрахать çунатсăра çÿлтен.

Эп те çапла: çуралнă [illegible] —
Хĕвет сиа çурçĕр юрĕ кил-çурта.

Тус тухăçра — анăçалла тĕнккĕп,
Тымарсăр утмăлтуратах, тен, эп.

Пĕччен — ÿке-ÿке, тăра-тăра —
Таптатăп пилĕк сăрт чулне, анра.

Тăван кил тĕтĕмне куç хупиччен
Курас пек сакăр кÿлĕ хыçĕнчен.

Пуласчĕ курăк хамăрăн хирте —
Ан тив, кĕл тутăр вут, пексен вирте.

Эй, тем те тÿсĕп, чĕрĕлĕп кĕлтек,
Çĕрти тымар çĕрменнине пĕлсен.

**ЛИ БОРРАН**

## *Сăрт тÿпинчи храмра*

Сăрт тÿпинчи храмра пĕччен эп çĕр каçасшăн.
Чи çÿллĕ çăлтăра кăшт сĕртĕнсе иртеп.
Пăшăлтатма хĕрап: тирпейсĕр калаççассăн,
Тÿпери сен ыйхи ан кансĕрлентĕр теп.

**МЭН ХАО-ЖАНЕ**

Вĕрентÿçĕ Мэне хисеплеттĕм чунтан.
Чапĕ ун ĕмĕр-ĕмĕр упранĕ пирте.

---

Çур çĕр те иртет — тĕм хÿттине,
Тĕксĕм чечексен хыçне, тăратăп.
Çĕнĕ кун çывхарнă чух çиççе
Хамăн çулсенчен хăра пуçлатăп.
Чăн та, шăп çур ĕмĕре çитме
Пĕр çул çех, хăрах çул çех-çке юлнă.

**СУ ШИРЕН**

Çак сие килсе çитрĕм кăна —
Çил вĕркешрĕ те çумăр тумлерĕ.
Мĕскĕн кĕлĕм пек çулçÿревçĕ
Тупĕ-ши кил пекки тĕнчере!
Тÿпери кăпăшка пĕлĕтрен
Шурă çĕлĕк тусе тăхăнасчĕ,
Юпăнпа ырăнне пĕркенасчĕ,
Çул вĕçне йăванса, тип çĕрпе.

**ЛУ ЮРАН**

## *Ăнсăртран çыртăм хутăм пĕве хĕрринче*

Лартăм сулхăнта ним шутламасăр,
яшма шăхличе чилеттерсе.
Иртрĕç сулăмсем вуншар-вуншарăн
кивĕ ĕмĕте тĕллентерсе.
Таран юхĕмра çĕрет вăт йывăç —
кам аса илсе шеллет ăна!
Çил хуса кайсан, çулне чухлаймĕ
типнĕ армути, хура тунĕ.
Çын телей шырать вăл ĕмĕр-ĕмĕр —
пурнăçĕн йăли-йĕрки çапла.
Елĕк илĕртни алан йăпатмĕ —
мĕншĕн хурлансан пуç усмалла!

**Чăвашла ЭНТИП ВАÇÇИ сăвăланă.**

---

...районăн истори музейне тăвас пирки актив пухнă. Ăна вăрçăпа ĕç ветеранĕсен район совечĕн председателĕн заместителе Александр Федорович Семенов ертсе пырать.

Актив ĕçĕн малтанхи тапхăрĕ — пулас краеведени музейĕ валли материалсем пу[illegible] турипе экономикин аталанăвне кăтартса паракан, унăн революциччен, вăрçăччен, вăрçă вăхăтĕнчи тата ун хыççăнхи тапхăрĕсене сутатакан сичĕ пайран тăмалла. Унта пирĕн паллă ентешсен, чăваш поэзийĕн классикĕсен, Сланлусĕнче çуралса ÿснĕ Константин Васильевич Ивановпа Яков Гаврилович Ухсай пурнăçĕпе, ĕçĕ-хĕлĕпе творчестви çинчен каласа паракан ятарлă стендсем тума палăртнă.

Ку çурта тума районăн çак пилĕкçуллăхри планне кĕртмен, çавăнпа укçа-тенкĕ уйăрман. Çак лару-тăрурăн тухмалли çул-йĕр пĕрре: музей лартассине районти пĕрремĕш халăх стройки тесе пĕлтермелле.

Ку тĕллеве хăвăртрах пурнăçа кĕртес тесе райсовет ĕçтавкомĕ субботник ирттерчĕ. Чылай коллектив та[illegible] на укçана музей фондне [illegible] сарма йышăнчĕç. Партипе совет, комсомол, [illegible] комплексĕсене [illegible] Халăхсем туслăхĕ парк[illegible] ра музей çуртĕн [illegible] хывнă [illegible] на музей [illegible] авторĕ К. В. Иванов çуралнăранпа 100 çул çитнĕ тĕле уçма май парĕ.

Малашне музей совечĕн ларăвĕсене уйăхсерен иртермe, унта ĕçсем çинчен отчетсем илеме йышăнчĕç. Çак музей [illegible]

Юлашкинчен çакна каласа хăварас килет: Пишпÿлек районĕнче çуралса ÿснĕ, халĕ çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕнче пурăнакан, ĕçре-чапа тухнă ятлă-сумлă çынсене, художниксемпе творчество ĕçченĕсене хăйсем ÿкерне картинăсемпе ĕçĕсене, асилĕвĕсене, К. В. Ивановпа Я. Г. Ухсай тăванĕсемпе тусĕсене аслă поэтăмăрсен творчествипе тата пурнăçĕпе çыхăннă материалсене, вĕсен кĕнекисемпе портречĕсене музей валли ярса пама ыйтатпăр. Вĕçене КПСС Пишпÿлек райкомĕ ячĕпе ямалла.

**В. ДМИТРИЕВ,**
**районти «Çутă çул» хаçат редакторĕн заместителĕ, музей совечĕн членĕ.**

**Пушкăрт АССРĕ.**

---

# ВĂРНАР ХĔРĔ

## *Тĕрленчĕк*

...1938 çулхи кĕркунне. Эпир, Калинино педучилищинчи вун икĕ студент, уроксем хыççăн Варнара кайрамăр. Çав кун пире комсомола илчĕç, билет пачĕç. Савăнăçлă çамрăксемпе тулнă коридорта ĕсĕклекен хĕрачана асархарăм. Темиçе кун çитменшĕн комсомола илмен иккен ăна. Чиперскер. Янаххи çинчи мăшăр турпаллă пушшех илемлетет ăна. Пырса калаççан, кăштах лăпланчĕ, йĕме чарăнчĕ. Пĕчĕкçĕ Вăрнарпа, унăн тÿрĕ урамĕсем тата тутăр вĕçĕпе куççĕсене шăлакан хĕрача ялан лăхах асăмра юлчĕç.

Тепĕр хут ăна Аслă Отечественнăй вăрçă пуçлансан çеç тĕл пултăм... 1942 çулта шинель тăхăнтăм. Манан салтак çулĕ пуçланчĕ.

Çурхи тĕттĕм каç. Сĕлкĕш, пылчăк. Шалкăм çумăр юхтарса çăвать. Эпир, çара илнĕ хĕрĕх çамрăк, йывăр кутамккасем çĕклесе, Çĕмĕрлерен Вăрнара çуранах тапаланса çитрĕмĕр. Вăрман хĕрринчи пĕр кивĕ сарайĕнче кăштах каннă хыççăн хамăр чаçе васкарăмăр. Пире пулеметчика вĕрентрĕç. Пирĕн кĕçĕн командирсем вырăс тата Украинăпа Белоруссирен çамрăкĕсемччĕ. Туслă пурăнаттăмăр эпир, çĕршыври тĕрлĕ халăх ывăлĕсем.

Çар ĕçне вĕреннĕ май, Вăрнарпа Кольцовка, Зеленовкăпа Уравăш çырми-çатринче нумай упаленме лекрĕ. Ялансах стройпа çар юррисем юрласа çÿреттĕмĕр.

Тепĕр чухне, кăнтăрлахи каçпу вăхăтĕнче, хирте ĕçлекенсене утă çулса параттăмăр.

1942 çулхи май уйăхĕнче, Вăрнарти штаба чĕнсе мана партбилет пачĕç. Эпĕ, комиссар аллине хытă чăмăртанă май, хăвăртрах фронта яма ыйтрăм. Хĕвеллĕ, лапкă кун. Тавралăх илемлĕ. Ман умра икĕ хĕр савăнăçлăн калаçса пыраççĕ. Вĕсен калаçăвĕнчен çакна ăнлантăм: парти членне илнĕ иккен вĕсене те.

Çак илемлĕ, çамрăк хурăн евĕр кĕлеткеллĕ хĕрупраçа алă парсах саламлас килчĕ. Вĕсен умне хăвăрт тухрăм та:

— Вăрнар хĕрĕ-чиперккисем, парти ретне кĕнĕ ятпа саламлама ирĕк парсамăр, — терĕм.

Хĕрсем тăпах чарăнса тăчĕç. Мана ăшшăн саламланă май сăпайлăн кулса илчĕç. Сасартăк курах кайрăм: пĕр хĕрачин янахĕ çинче эпĕ пĕлекен мăшăр турпалли.

«Çавах, çавах. Ара, хам пĕлнĕ-палланă хĕр-иç ку!» Урăх ним калама аптăрарăм, чĕлхем çĕтрĕ.

— Мĕншĕн пирĕн умра юпа пек хытса тăратăн, аслă сержант юлташ, — тĕртсе илчĕ Вăрнар хĕрĕ. — Украинăра нимĕçсем алхасаççĕ. Сталинград еннелле тапаланаççĕ. Эсир çапла кунта хĕрупраçа куç хĕссе пурăнатăр. Намăс мар-и?

Вăл каялла вар тавăрнчĕ те çарĕç комиссарначĕ еннелле васкавлăн утрĕ. Юлташĕ те ун хыççăн вирхĕнчĕ.

«Ытла хĕрÿллĕскер эсĕ, чĕкеçĕм. Мана, вăрçа кĕç-вĕç кĕрес çынна, ытла та йывăр каларăн. Тен, тĕрĕс те пулĕ. Пирĕн васкас пулать». Чаçе çитсенех штаба рапорт хыççăн рапорт çыртăм. Часах кĕтнĕ кун çитрĕ, мана фронта кайма ирĕк пачĕç.

Вăрнара эпир, аллă-утмăл сержант, каçалапа çитрĕмĕр. Райĕçтăвком картишĕнче çĕнĕ кĕпе-тумтир пачĕç. Эпĕ симĕс гимнастерка çухавине шурă татăк çĕлеме лартăм. Сасартăк (хыпаланнипе пулас), манăн йĕп çурмаран татăлчĕ! хуçăлса кайрĕ. Пилотка ăшне хыпаларăм, тупаймарăм. Еçтăвкомăн уçă чÿречинчен пăхрăм. Пĕр хĕрача машинкăпа шаклаттарса пичетлесе ларать. Эпĕ ăна хам нуша çинчен пĕлтертĕм. Вăл ĕçлеме пăрахрĕ те сунтăхĕнчен йĕппе çип кăларса мана пачĕ. Аш тамаша, мăшăр турпаллиллĕ хĕр-çке ку! Машинистка ман çине шăтарас пек пăхрĕ, темскер аса илчĕ пулас, анчах нимех те шарламарĕ.

Часах пирĕн йĕрк-тавра хĕрупраç пухăнчĕ. Салтаксем çерем çинче вырнаçнă: хăшĕсем васкавлă çыру тĕрлеççĕ, теприсем çипуçне йĕркене кĕртеççĕ, виççĕмĕшĕсем канаççĕ. Хăйхи хĕр ман пата имене чĕклĕн утса пычĕ, унăн хура куçĕсенче тунсăх сисĕнет.

— Эсир кунтан паянах тухса каятăр-и?

— Тата виçĕ сехетрен, терĕç.

— Мана пĕркунхишĕн каçарăр. Вăл сăмахсем фашистсене çиленнипе тухса кайрĕç. Çул çине çакна илсемĕр, унта блокнотпа кăранташ тата çимелли кăштах пур. Кăмăл тусамăр.

Вăл мана çавăнтах типтерлĕ чĕркем тыттарчĕ.

— Тапах, пикеçĕм. Анчах эпир пĕр-пĕрне пĕлместпĕр теме те юрать.

— Вăрнар хĕрĕ, — терĕ вăл, çемçен-ăшшăн кулса.

— Çĕмĕрле каччи, — кивçене юлмарăм эпĕ те. Хĕрĕн аллине тытса чăмăртарăм.

— Сирĕн ята пĕлме юрать-и, Вăрнар хĕрĕ?

— Ман ятăм-шывăм пакетра пур. Кирлĕ пулсан, вулăр. Тен, иксĕмĕр каллех вăрçăра тĕл пулăпăр. Эпĕ те унта кайма тахçанах заявлени панă ĕнтĕ.

Çак самантра лейтенант команда пачĕ — васкасах строя тăтăмăр. Вăрнар хĕрĕ каялла кайрĕ — именчĕ пулас.

Тухăçран пуйăс хашлатса çитрĕ. Эпир вагонсене кĕрсе вырнаçатпăр. Уçă кантăкран пăхатăп. Вокзал умĕнче, çÿлти картлашкасем çинче, хĕрарăмсем кĕпĕрленсе тăраççĕ. Вăрнар хĕрĕсем пире эшалон курăнми пуличченех алă сулса ăсатрĕç.

* * *

Мĕн чухлĕ шыв юхмарĕ-ши унтанпа. Пĕр çулхине Вăрнара çитрĕм. Çанталăк калама çук илемлĕ. Таврара çĕмĕрт шăрши. Çывăхри вăрман хĕрринчи ватă çĕмĕртсем шап-шурă чатăр пĕркеннĕ. Çĕмĕртсем, çĕмĕртсем! Эсир те пирĕн пекех ватăлнă иккен. Кукăрăлнă. Пĕкĕрĕлнĕ. Чим, эпĕ кăлăхах тунсăхлатăп иккен. Авă, кукăрăлнă çĕмĕртсем çывăхĕнче çамрăк хунавсем йышлă ÿсеççĕ. Патвар, илемлĕ, илĕртÿллĕ.

Хыçра сасă илтĕнчĕ. Çаврăнса пăхатăп. Ман умра пĕр арçын тăра парать. Вăл мана хушаматпа чĕнчĕ.

Эпĕ ун çине чылайччен тинкертĕм.

— Эсĕ мана палласа илеймерĕн пулас-ха. Ара эпĕ...

— Хветут, эсĕ-им? Курманни ытла та нумай!

Эпир пĕр-пĕрин ытамне кĕрсе ÿкрĕмĕр. Унтан туслă калаçу пуçланчĕ.

— Тăванусем патне килсе курас терĕн-и?

— Манăн кунта тăвансем вуçех çук, çавах çак тавралăх питех те хаклă пек туйăнать. Куккук сассипе йăпаннă май, шухăша путрăм, ятлăх кунĕсене аса илтĕм. Таçта çакăнта манăн малтанхи хĕрÿ юрату вăраннă. Халĕ эпĕ, ват сунна, çав вырăнсене шыратап, — сантлерĕм кула-кула.

Çыр хĕрĕнчи çерем çине лартăмăр. Çырмара шăнкăртатса шыв юхать. Тÿпере тари тарлатса юрлать. Çывăхри путене те парăма юлмарĕ. Виçĕ çул пĕрле вĕреннĕ, вăрçăра хытнă тата ĕçпе пиçĕхнĕ юлташăм çине куç илмесĕр пăхатăп. Калаçу вăрçă çулĕсем çине кĕрсе кайрĕ.

— Эпир, фронтовиксем, халĕ те вăрçăри пекех çапăçатпăр, — хушса хучĕ юлашкинчен Хветут.

— Мĕншĕн фронтри пекех? — тавçăрса илеймерĕм эпĕ.

— Эпĕ халăх заседателĕ тата колхозри юлташла суд председателĕ. Çавăнпа ĕçкĕпе иртĕхнине хирĕç тата ĕçлемесĕрех лайăх пурăнма ĕмĕтленекенсемпе çивĕч кĕрешме тивет.

Юлташран уйрăлсан та асран тухми Вăрнарăмпа сывпуллашиччен, çамрăк çĕмĕртсем çине чылайччен тинкерсе тăтăм. Кам пĕлет, тен, тепре часах килеймĕп е юлашки... Çук, халех ун пек ан пултăрччĕ: ара, эпир пуç çине шап-шурă тăм ÿкнĕ пулин те, çут тĕнчере çав тери нумай пурăнмалла.

Чим, ку тата епле кĕтрет? Усăлса çÿрекен çамрăксем хушшинче мăшăр турпаллиллĕ хĕре асăрхарăм. Ĕлĕкхи пекех çап-çамрăк, ĕлĕкхи пекех чипер. Чунăм ыратса кайрĕ, чĕре хăпартлансах тапма пуçларĕ.

Паллах, эпĕ пĕлекен хĕр мар вăл, унăн ачи пулĕ. Вăрçă çулĕсем пирĕн ĕмĕте татрĕç. Пывăр амаиăскер, эпĕ çыру çÿретме хăймарăм. Халĕ темшĕн Вăрнар тăрăхĕнех чун туртать. Мăшăр турпаллиллĕ чикке куç умĕнчех. Авă вăл, ăмăшĕçĕнтерÿçĕ евĕр, мăнаçлăн, хаваслăн утать.

**А. АФАНАСЬЕВ.**

---

# Юрий Скворцова чысласа

Виçĕмкун Шупашкарти Мир проспектĕнчи 10-мĕш çурт çине Асăну хăми çапрĕç. Ун çине чăвашла тата вырăсла çапла çырса хунă: «Çак çуртра 1968—1977 çулсенче чăвашсен паллă писателĕ Юрий Илларионович Скворцов пурăннă».

Асăну хăми уçнă ятпа митинг пулчĕ. Ăна КПСС Калинин райкомĕн секретарĕ О. А. Шмелев уçрĕ, писатель пурнăçĕпе творчестви çинчен пĕлтерме çак çуртран инçе мар вырнаçнă 33-мĕш шкулта вĕренекенсене сăмах пачĕ.

Митингра П. К. Львов, А. В. Лукин, В. Г. Бурнаевский, В. П. Тимаков писательсем, Н. Л. Яковлев художник, Ю. Скворцовăн тăванĕсем Р. Н. Павлова тата А. И. Скворцов сăмах тухса каларĕç.

Асăну хăми айĕнче — чечексем. Юрий Скворцов сăввисем пек çеçпĕçкерсем, ун ĕмĕчĕсем пек илемлĕскерсем. Вăхăтсăр вилĕм татнă писатель ĕмĕчĕсене.

Пионерсемпе шкул ачисем Асăну хăмине упрама сăмах панине итленĕçемĕн шанчăк çуралать: Юрий Скворцов ĕмĕт-тĕллевне тытса пыракансем пур, малашне те пулĕç.

**Г. АНТОНОВА.**

---

**• *Çĕнĕ кĕнеке***

# Сăпка юррисем

Николай Васильев (Ыларай) пухса хатĕрленĕ «Сăпка юрри» кĕнеке пичетленсе тухнă. Кĕнекен малтанхи пайĕсенче — чăваш фольклорĕнчи тата чăваш çыравçисем хайланă сăпка юррисем. Авторсем Юрий Айдаш, Георгий Ефимов, Петр Ялгир, Раиса Сарпи, Петр Эйзин, Николай Карай тата ыттисем. Сборникăн юлашки пайне тĕрлĕ халăхсен фольклорĕнчи тата тĕрлĕ халăх поэчĕсем çырнă сăпка юррисем кĕнĕ.

Кĕнекене Зинаида Чернова художник чăваш тĕррисемпе илемлетнĕ.

**О. АЛЕКСЕЕВ.**

